ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1956 çул
Январь
17
ЫТЛАРИКУН
№ 12 (9691)
Хакĕ 20 пус.
38-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



# Улттăмĕш пилĕк çуллăх планăн пысăкран та пысăк задачисем

Ĕнер ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне пичетленĕ. Пĕтĕм совет халăхĕ политикăлла пысăк пĕлтерĕшлĕ çак документа патриотла пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕ.

Коммунистсен партийĕ ăслăн ертсе пынипе пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарчĕç, КПСС XX-мĕш съездне хуçалăхпа культура строительствинчи çĕнĕ, чаплă çитĕнÿсемпе кĕтсе илеççĕ.

Пирĕн парти коммунизм строительствинчи хăйĕн историллĕ пĕтĕм ĕçпе марксизм-ленинизмăн ăслă идейисем тăрăх, çĕнĕ общество тăвакансен—ĕçсыннисен аслă массисен иксĕлми активлăхĕпе пуçарулăхĕ çине таянса туса пырать.

КПСС Центральнăй Комитечĕ туса хатĕрленĕ улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проекчĕ—пирĕн çĕршывра çитес çывăх вăхăтра пĕтĕм хуçалăхпа культура строительствипе аталантармалли тĕплĕн палăртнă программа. Ку проект пирĕн халăх пурнăçĕн тĕп интересĕсене, миллионшар совет çыннисен шухăш-кăмăлне палăртать. Ĕнер пичетленсе тухнă документра каланă тăрăх, «улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе партин XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектне хатĕрленĕ чухне КПСС Центральнăй Комитечĕ пиншер предприятисемпе колхозсен коллективĕсен сĕнĕвĕсене шута илнĕ. Çав сĕнÿсене хатĕрлес тата сÿтсе явас ĕçе рабочисен, колхозниксен, промышленноçпа ялхуçалăх специалисчĕсен, ученăйсен анлă массисем хутшăннă. Вĕсен патриотла пуçарăвĕ тата производствăри нумай енлĕ опычĕ Центральнăй Комитета улттăмĕш пилĕкçуллăхра халăх хуçалăхĕн уйрăм отраслĕсене аталантарас задачăсене тулнирех кăтартса пама, социализмла промышленноçпа ялхуçалăхĕнчи тата транспортри шалти майсене тĕплĕн палăртма пулăшнă».

Пирĕн халăх улттăмĕш пилĕкçуллăха хăйĕн творчествăлла вăй-хăвачĕ ÿснĕ, материальнăй ресурссемпе квалификациллĕ кадрсем халичченхинчен нумайрах пулнă тапхăрта кĕрет. Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пурнăçланине пула çĕршывăн экономикăлла хăвачĕ ÿсрĕ, социализмла хуçалăх татах тĕрекленчĕ, совет халăхĕн материальнăй тата культурăлла пурнăç шайĕ ÿсрĕ, ССР Союзĕ халăх демократи çĕршывĕсемпе хуçалăх енĕпе тытакан çыхăнусем сарăлчĕç, Совет Союзĕн тата социализмла лагерĕн тĕнчери лару-тăрăвĕ çирĕпленчĕ.

Хăйĕн XX-мĕш съездне кĕтсе илнĕ май, Коммунистсен партийĕ социализм строительствин историллĕ çĕнтерĕвĕсене малалла ÿстерес тата вĕсене тĕреклетес енĕпе çĕнĕ, пысăкран та пысăк задачăсем кăларса тăратать.

ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли тĕп задача вăл,—тенĕ Директивăсен проектĕнче,—йывăр промышленноçа ытларах аталантарнă, вĕçĕмсĕр техникăлла прогресс тунă тата ĕç тухăçлăхне ÿстернĕ никĕс çинче халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене аталантарса пырасси, ялхуçалăх производствине татăклăн çĕклесси, çав никĕс çинче совет çыннисен пурнăçĕпе культура шайне ÿстересси пулать.

КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан Директивăсен проектĕнче пирĕн парти йывăр индустрие аталантармалли ленинла тĕп çулйĕре тытса пыни яр-уççăн курăнать. Улттăмĕш пилĕк çуллăх планра Совет Союзĕн халăх хуçалăхне, чи малтан, социализмла экономикăн тĕп никĕсне—йывăр индустрие ытларах аталантарма палăртнă. Çак плана пурнăçлани ССР Союзĕн экономикăлла хăвачĕ тата унăн оборонăри пултарулăхĕ малалла тĕрекленессине, халăх пурнăçĕ татах лайăхланассине, совет культури малалла ÿсессине пĕлтерет.

Пилĕкçуллăхра промышленность продукцийĕ туса кăларассине 65 процент ÿстерме палăртса, Директивăсен проекчĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхра производство хатĕрĕсем туса кăларассине 70 процент тата куллен кирлĕ япаласем туса кăларассине 60 процент ÿстерме палăртнă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра промышленность енĕпе чи пирвай пурнăçа кĕртмелли задачăссене кăларса тăратса, Директивăсен проектĕнче тĕслĕ тата хура металлургие, нефть, çĕркăмрăк, хими промышленноçне малалла аталантарма, электростанцисене промышленность предприятийĕсенчен маларах та хăвăртрах тума, машиностроение хăвăрт ÿстерме, уйрăмах çĕнĕ йышши станоксем, тимĕрçĕпе пресс машинисем, автоматика хатĕрĕсемпе приборсем туса кăларассине вăйлатма палăртнă.

1960 çулта—улттăмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнче—промышленность тĕрлĕ йышши чи кирлĕ продукци çакăн чухлĕ туса кăлармалла: чугун—53 миллион тонна, хурçă—68,3 миллион тонна, çĕр кăмрăкĕ — 593 миллион тонна, нефть—135 миллион тонна, электроэнерги—320 миллиард киловатт-сехет. 1960 çулта, 1955 çулхипе танлаштарсан, чугун, хурçă тата çĕркăмрăк туса кăларасси пĕр хут çурă ытла, нефтьпе электроэнерги туса кăларасси—икĕ хута яхăн ÿсет. Химикатсемпе минераллă удобренисем, машинăсемпе оборудовани, йывăç тата строительство материалĕсем туса кăларасси нумай ÿсет, халăха куллен кирлĕ япаласем тăвасси чылай вăйланать. Пирĕн çĕршывра йывăр индустри пĕр вĕçĕмсĕр тата хăватлăн аталанса пынине илсе кăтартас пулсан, çакна кăна аса илмелле: ССР Союзĕнче пĕрремĕш пилĕкçуллăх пуçланнă тĕле чугун—3,3 миллион тонна, хурçă 4,2 миллион тонна, çĕркăмрăкĕ—35,2 миллион тонна, нефть—11,7 миллион тонна туса кăларнă, электроэнерги 5 миллиард киловатт-сехет туса кăларнă.

Йывăр индустри тата пĕтĕм халăх хуçалăхĕ ÿсесси техникăлла прогресс тунă, наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсене производствăна анлă кĕртнĕ никĕс çинче пулса пымалла. Çакна шута илес пулать: хуçалăхри хăшпĕр ĕçсем енĕпе пирĕн пысăк çитменлĕхсем пур-ха, çав çитменлĕхсене пĕтермелле. Улттăмĕш пилĕкçуллăх, Директивăсен проектĕнче кăтартса панă пек каласан, Совет çĕршывĕн производство вăйĕсене малалла хăватлăн аталантармалли, халăх хуçалăхне техника тĕлĕшĕнчен ытларах аталаннă шая çĕклемелли пилĕкçуллăх, пахалăх енĕпе панă мĕнпур кăтартусене тĕпрен ÿстермелли тата хуçалăха ертсе пырассине лайăхлатмалли пилĕкçуллăх пулмалла. Çак пилĕкçуллăхра мирлĕ ĕçре атом энергийĕпе усă курассине вăйлатмалла, электрификацие, комплексла механизацие автоматизацие малалла аталантармалла, çĕнĕ станоксемпе машинăсене ĕçе кĕртмелле, кивĕ оборудование модернизацилемелле, промышленноçăн мĕнпур отраслĕсене анлăн специализацилемелле тата кооперацилемелле. Çав ĕçсене тата акă мĕншĕн туса иртермелле: улттăмĕш пилĕкçуллăхра туса кăларма палăртнă продукцин чылай пайне производствăна организацилессине лайăхлатнипе тата халичченхи производство хăвачĕсемпе лайăхрах усă курнипе туса кăлармалла.

Директивĕсен проектĕнче ялхуçалăхĕ енĕпе пысăк задачăсем палăртнă, вĕсене пурнăçлани çĕрçне, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине татăклăн çĕклеме пулăшать. 1960 çулта 180 миллион тонна тăран (11 миллиард пăт) тĕштырă туса илмелле, аш-какай туса илессине икĕ хут, сĕт, çĕрулми, çăм туса илессине икĕ хута яхăн, пахча çимĕç туса илессине икĕ хут ытла ÿстермелле, çĕр мамăкĕ, йĕтĕн, сахăр кăшманĕ тата ытти техникăлла культурăсем туса илессине нумай вăйлатмалла.

Çак задачăсене ăнăçлă пурнăçлас тесен, колхозсемпе МТС-сене тата совхозсене çĕнĕ йышши тракторсемпе, комбайнсемпе, виндроуэрсемпе, автомашинăсемпе тата ытти техникăпа пуянлатмалла, агрономи наукин çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе тата малта пыраканесен опычĕпе усă курса, ялхуçалăх производствин культурине тăтăшах ÿстермелле. Ялхуçалăхĕн уйрăм отраслĕсене хуçалăхра, усă панине кура, пĕлсе вырнаçтарни кирлĕ, пĕтĕм çĕршывĕпе—кашни районăн, районсенче вара—кашни колхозăн тата совхозăн çутçанталăкпа экономика тĕлĕшĕнчи условийĕсене кура çĕрçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине специализацилемелле, ĕç вăйĕпе укçа-тенкĕ сахалрах пĕтернипе кашни 100 гектар çĕр пуçне продукци туса илессине татăклăн ÿстерессине асра тытмалла.

Тĕрлĕ йышши транспортпа çыхăну ĕçне малалла аталантарас енĕпе пысăк ĕçсем туса иртермелле пулать. Чугун çул, шывçул, автомобиль тата сывлăш транспортне техника тĕлĕшĕнчен вăйлатмалла, чугун çулсене анлă электрификацилемелле, электровозсемпе тепловозсем ытларах парса тăмалла, çавăн пекех мĕнпур йышши транспорта кучуххехи çĕнĕ машинăсемпе, çул çÿремелли ытти хатĕрсемпе пуянлатмалла.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра строительство ĕçĕсем тата анлăрах сарăлса каяççĕ. СССР халăх хуçалăхĕнче 1956—1960 çулсенче капитальнăй ĕçсем тума государство пĕтĕмпе 990 миллиард тенкĕ (1955 çулхи июлĕн 1-мĕшĕнчи хаксемпе шутласан) е пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра уйăрса панинчен 67 процент ытларах уйăрса пама палăртнă. Строительствăн питĕ пысăк программине пурнăçлама ку ĕçе малалла индустриализацилесе пымалла, строительство материалĕсем, уйрăмах тимĕрбетон конструкцисемпе детальсем нумайрах туса кăларма тытăнмалла, стройкăсенче малта пыракан ĕç меслечĕсемпе усă курмалла.

Ĕç тухăçлăхне çĕнĕрен чылай ÿстерни производствăна малалла пысăклатса пыма тата халăх пурнăçне лайăхлатма питĕ кирлĕ услови пулать. Аслă Ленин çапла вĕрентнĕ: ĕç тухăçлăхне ÿстересси çĕнĕ общество строй çĕнтерме чи кирли пулать, тенĕ. Директивăсен проектĕнче палăртса хунă тăрăх, 1956—1960 çулсенче ĕç тухăçлăхне çакăн чухлĕ ÿстермелле: промышленноçра 50 процентран кая мар, строительствăра—52 процентран кая мар, чугун çул транспортĕнче—34 процента яхăн, тинĕс транспортĕнче—40 процент, юханшыв транспортĕнче—35 процент, совхозсенче тата государствăн пулăшуллă ялхуçалăх предприятийĕсенче—70 процента яхăн. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра ялхуçалăх производствине аталантарас тĕлĕшпе колхозсенче ĕç тухăçлăхне ÿстерни уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăх ырлăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшаççĕ. Улттăмĕш пилĕк çуллăх план тумалли Директивăсен проектĕнче ĕççыннисен пурнăçне чылай лайăхлатма тата культурине ÿстерме палăртнă,—ку вăл пилĕкçуллăхра наци тупăшĕ (танлаштармалли хаксемпе шутласан) 60 процента яхăн ÿсмеллинчен яр-уççăн курăнса тăрать. Рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине вăтам шутпа 30 процента яхăн ÿстерме, колхозниксем укçан тата натурăпа илекен тупăшсене вăтам шутпа 40 процентран кая мар ÿстерме палăртнă. Кунпа пĕрлех государство социальнăй обеспеченипе социальнăй страховани енĕпе тăвакан расходсем те ÿсеççĕ.

Улттăмĕш пилĕкçуллăхра государствăпа кооперации таварĕсене ваккăн сутассине 50 процента яхăн ÿстермелле, ялта таварсем ваккăн сутасси вара тата ытларах ÿсмелле. Пурăнмалли çуртсем тăвассине чылай лайăхлатма, çуртсем нумайрах лартма палăртнă. Çак пилĕкçуллăхра пурăнмалли çуртсем лартасси халичченхинчен нихçанхинчен те ытларах сарăлса каять. Хуласенче, рабочи поселоксенче тата ялсенче государство укçипе улттăмĕш пилĕкçуллăхра пурăнмалли çуртсем пĕтĕмпе 205 миллион тăваткал метра яхăн лартмалла, ку вăл, пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра лартнипе танлаштарсан, икĕ хута яхăн нумайрах пулать.

Наукăпа культурăна аталантарас тĕлĕшпе малашне пысăк ĕçсем тумалла пулать. Улттăмĕш пилĕкçуллăхра хуласемпе ялсенче пурне те вăтам пĕлÿ парассине тĕпрен илсен пурнăçлама, аслă тата вăтам шкулсенче специалистсем ытларах хатĕрлеме, кăçхи шкулсенче тата заочно вĕренессине сарма, хуçалăхпа культура строительствин хальхи ыйтăвĕсене татса парас ĕçре наука рольне ÿстерме палăртса хунă. Сывлăха сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен учрежденисен, кино, радио тата телевидени, библиотекăсем, культурăпа искусствăн ытти учрежденийĕсене ытларах уçас, вĕсен ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе, кĕнекесем кăларас тата полиграфи предприятийĕсене çирĕплетес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем тума палăртнă.

Директивăсен проектĕнче мĕнпур союзлă республикăсенче халăх хуçалăхне малалла аталантарса пыма тата производительнăй вăйсене тĕрĕс вырнаçтарса тухма кирлĕ ĕçсене тума палăртнă. Çакна май, уйрăммăн илсен, хĕвелтухăçĕнчи районсенче çутçанталăкăн пысăк пуянлăхĕсемпе усă курассине хăвăртлатма палăртса хунă.

Улттăмĕш пилĕкçуллăх задачисене пурнăçлани пĕтĕм тĕнчипе пысăк вырăн йышăнса тăрать. ССР Союзĕнчи хуçалăхпа культура строительствин программи — Директивăсен проектĕнче палăртса хунă питĕ пысăк программа — Совет государстви ялан мире юрататан политика тытса пынине пĕтĕм тĕнче умĕнче çĕнĕ хăватпа кăтартса парать. ССР Союзĕн халăх хуçалăхне аталантармалли çĕнĕ пилĕк çуллăх плана пурнăçлани пĕтĕм социализм лагерьне малалла тĕреклетсе пымалли аслă ĕç пулать. Совет Союзĕ халăх демократи çĕршывĕсемпе килĕштерсе ĕçлессине мĕнпур майсемпе сарса пырĕ. Вĕсемпе килĕштерсе ĕçлесси халăх хуçалăхĕн уйрăм отраслĕсене кооперациленипе, производствăна специализациленипе тата кооперациленипе, çавăн пекех наукăпа техникăри çитĕнÿсемпе тата производствăри малта пыракан опытпа пĕр-пĕрне паллаштарнипе, пĕрлехи интерессемшĕн экономикăлла ресурссемпе лайăхрах усă курас енĕпе пулса пырĕ. Социальнăй-политикăлла системăсем тĕлĕшĕнчен расна çĕршывсем мирлĕн пурăнма пултарнипе тата вĕсем çавăн пек мирлĕн пурăнни кирлине çирĕппĕн хÿтĕлесе тăрса, Совет государстви пĕр-пĕрне усă кÿмелли никĕс çинче ытти государствăсемпе те суту-илÿ тăвассине сарса пыма тăрăшĕ.

Директивăсен проектĕнче çапла палăртса каланă: халĕ ĕнтĕ совет çĕршывĕн ССР Союзĕн экономикăлла тĕп задачине — çĕршывра пурăнакан кашни çын пуçне продукци туса кăларас тĕлĕшпе ытларах аталаннă капитализмла çĕршывсене хуса çитсе иртсе каяс задачăна—историлле кĕске срокра пурнăçлама, çак задачăна экономикăлла мирлĕ ăмăртура татса пама кирлĕ условисем пурте пур.

Улттăмĕш пилĕкçуллăха пурнăçлани социализмла экономикăна аталантарас, халăха кирлĕ япаласем питĕ пумай пулмалла тăвас задачăна пурнăçлас, хамăр çĕршывра коммунизмла общество тăвас ĕçре малалла çĕнĕ пысăк утăм туни пулать. Улттăмĕш пилĕкçуллăха ăнăçлăн пурнăçласси çынсенчен — рабочисенчен, колхозниксенчен, интеллигенцирен, вĕсем вăйшеллемесĕр паттăррăн ĕçленинчен килет, пирĕн парти, совет, хуçалăх, профсоюз организацийĕсем организаторла ĕçе лайăх туса пынинчен, вĕсем промышленность предприятийĕсене, стройкăсене, колхозсене, машина-трактор станцийĕсене, совхозсене лайăх ертсе пынинчен килет.

Центральнăй Комитет хатĕрленĕ проекта—улттăмĕш пилĕк çуллăх план тумалли Директивăсен проектне пичетлесе кăларни КПСС XX-мĕш съездне хатĕрленнĕ вăхăтри пысăк ĕç. Хамăр çĕршывăн пур кĕтесĕсенчен те килекен малтанхи хыпарсем çак чаплă документа пурте хĕрÿллĕн ырлани çинчен калаççĕ. Директивăсен проекчĕ — пирĕн çĕршыври коммунизм строительствин чаплă та пысăк малашлăхне уçса паракан çак документ—миллионшар совет çыннисен творчествăлла активлăхне çĕнĕрен вăйлатса ярĕ,—вĕсем паракан конкретлă сĕнÿсем улттăмĕш пилĕкçуллăхра аслă ĕçĕн пур участокĕсенче те пысăк резервсемпе ытларах усă курма май парĕç. Çак документа пичетре, парти организацийĕсемпе обществăлла организацисенче, ĕççыннисен пухăвĕсенче анлăн сÿтсе явни партин ленинла тĕп çул-йĕрне пурнăçа кĕртессишĕн пыракан кĕрешÿре миллионшар çынлă массăсен ĕçри тата политикăри активлăхне малалла ÿстерме пулăшĕ.

Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне совет çыннисем пĕтĕм халăхăн социализмла ăмăртăвне хутшăнса ĕçре çĕнĕ çитĕнÿсем тунипе кĕтсе илеççĕ. Пирĕн халăх съезда тăван Коммунистсен партийĕ тавра, унăн Центральнăй Комитечĕ тавра тачă пĕтĕçсе тăнипе кĕтсе илет. Маркс—Энгельс—Ленин—Сталин ялавĕ айĕнче, паттăр Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ улттăмĕш пилĕкçуллăхра хамăр çĕршывра коммунизмла общество тăвас ĕçре çĕнĕ ситĕпÿсем тăвĕ.

(«ПРАВДА» хаçатăн январĕн 16-мĕшĕнчи умстатьинчен).

# КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан директивăсен проектне совет халăхĕ пĕр кăмăллă пулса ырлать

## Совет государствине малалла вăйлатса чечеклентермелли аслă программа

КИЕВ, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). ССР Союзĕн халăх хуçалăхне 1956—1960 çулсенче аталантармалли улттăмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе КПСС XX-мĕш съезчĕ паракан директивăсен ĕнер радио тăрăх вуласа панă проектне машинăсем тăвакан «Большевик» заводри производственниксем питĕ тимлĕ итленĕ.

Завод коллективĕн шухăшĕсемпе ĕмĕчĕсем çинчен мартен цехĕнчи малта пыракан сталевар Шуляк юлташ каласа панă.

— Тăван Коммунистсен партийĕ,—тенĕ вăл,—хамăрăн социализмла Тăван çĕршыва малалла вăйлатса чечеклентерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать. Çĕнĕ пилĕкçуллăх планра пирĕн çĕршывăн халăх хуçалăхне малалла аталантарса вăйлатмалли çул-йĕрсене палăртса хураççĕ. Пирĕн заводра хими промышленноçĕн тата промышленноçăн ытти отраслĕсен предприятийĕсем валли машинăсем туса кăларассине ÿстермелле. Ĕç тухăçлăхне ывăнма пĕлмесĕр ÿстерсе пырас, производство хăвачĕсемпе лайăхрах усă курас, продукци пахалăхне лайăхлатас тесе, эпир хамăрăн пĕтĕм вăй-хала хурса ĕçлĕпĕр. Пысăк пахалăхлă металл нумайрах шăратса кăларма сталеварсем мĕн кирлипе пĕтĕмпех тăвĕç. Эпĕ хамăн задание 150 процент таран пурнăçласа пыма сăмах паратăп.

Улттăмĕш пилĕк çуллăх план, тенĕ механосборочнăй цехри строгальщик Миклер юлташ, калама çук пысăк ĕçсен программи пулса тăрать. Çак ĕçсене Коммунистсен партийĕ ертсе пыракан совет халăхĕ çеç пурнăçлама пултарать. Халĕ эпĕ савалакан виçĕ станокпа ĕçлетĕп. Хамăрăн юратнă Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн татах та лайăхрах тăрăшса ĕçлĕп.

Паян кăнтăрлахи перерывччен Миклер юлташ норма çура тултарнă.

Завод коллективĕ, КПСС XX-мĕш съездне тивĕçлипе кĕтсе илме хатĕрленсе, январь уйăхĕнчи плана пĕтĕм продукци туса кăларас тĕлĕшпе 101,5 процент, таварлă продукци туса кăларас тĕлĕшпе 105,5 процент тултарма обязательство илнĕ.

Çавăн пекех Сумы хулинчи Фрунзе ячĕпе тăракан машинăсем тăвакан завод коллективне социализмла ăмăртăва чĕнме йышăннă.

## Облаçри парторганизацин XXVI-мĕш конференцийĕ суйланă

### КПСС Чăваш обкомĕн членĕсем

| | | |
|---|---|---|
| Абашев Д. И. | Ислюков С. М. | Полукаров Д. Н. |
| Албутов Н. Д. | Киреев А. И. | Репкин М. И. |
| Алексеев В. А. | Кирпичев Д. П. | Родионов М. Р. |
| Алексеев Г. А. | Ковалев Г. П. | Родионов А. И. |
| Андреев Д. А. | Корабельников М. Д. | Романова М. М. |
| Андреев Е. А. | Коротков С. К. | Румянцев П. В. |
| Андреева З. А. | Кузьмин М. А. | Русина О. П. |
| Андреев М. А. | Кураков П. П. | Сидоркин И. М. |
| Ардаматский М. К. | Лазарева Т. Н. | Соколов Е. С. |
| Бобров Н. Н. | Иванов М. И. | Сомов А. В. |
| Богатырева Л. Н. | Лёнин А. В. | Спичков В. Д. |
| Бучнев Г. П. | Логинов Т. Л. | Степанов М. С. |
| Васильева А. И. | Людиновский В. Я. | Сысин А. А. |
| Владимиров П. В. | Лычагина А. Н. | Тимофеев П. Т. |
| Галкин С. И. | Мартынов Г. А. | Трофимов Г. Т. |
| Дмитриев В. Д. | Митьков Д. Я. | Федоров Н. Ф. |
| Долгов М. Г. | Михайлов А. А. | Филиппов А. Ф. |
| Дубов И. В. | Михайлов Л. Х. | Хромов Н. И. |
| Егоров Н. Е. | Молгачев Е. И. | Чернов В. П. |
| Енчиков Н. П. | Морскова Т. Ф. | Чичикин П. А. |
| Ерлаков А. С. | Мустакова А. Е. | Чумакова Г. В. |
| Ефимова В. Г. | Навошинов В. М. | Шатров Ф. К. |
| Заикин И. В. | Назаров П. Н. | Шерстюк Л. Г. |
| Зайцев В. В. | Никитин Н. Н. | Шорников А. М. |
| Зайцев М. В. | Николаев П. Н. | Юхтанов Ф. П. |
| Захарцев И. А. | Новиков И. В. | Якимов М. Н. |
| Иванов А. М. | Павлов К. П. | Яковлев В. Я. |
| Иванов И. И. | Петров И. П. | Яхваров И. В. |
| Иванова В. Ф. | Петрухин Г. И. | |
| Имуллин В. Г. | | |

### КПСС обком членĕсен кандидачĕсем

| | | |
|---|---|---|
| Акчурин В. К. | Калинкина П. И. | Скворцов И. А. |
| Алексеев М. А. | Капитонов П. К. | Стасенко И. Ф. |
| Васильев П. В. | Каховский В. Ф. | Трофимов П. Т. |
| Гавриков П. Г. | Комар И. З. | Филимонов К. Ф. |
| Долгов В. А. | Ларионов А. Н. | Харитонов М. Н. |
| Евлампьев К. Е. | Лобанов В. Т. | Юлдашев К. К. |
| Ефимов А. Е. | Носов Н. А. | Ягодкина А. С. |
| Иванов А. И. | Перлов М. Л. | Язвова О. П. |
| Иванов М. И. | Прокопьев И. П. | Ярдухин В. С. |
| Игнатьев М. А. | Сабатарова А. И. | |

### КПСС обкомĕн ревизи комиссийĕн членĕсем

| | | |
|---|---|---|
| Воронов А. Ф. | Ламков Н. А. | Русин А. Б. |
| Воронцова А. И. | Маклашкин Я. Г. | Селенин А. А. |
| Кузнецов В. Е. | Мидаков Е. Я. | Якимов Ф. Я. |

### КПСС XX-мĕш съездне кайма суйланă делегатсем

| | | |
|---|---|---|
| Богатырева Л. Н. | Ислюков С. М. | Коротков С. К. |
| Ерлаков А. С. | Кирпичев Д. П. | Назаров П. Н. |

## КПСС Чăваш обкомĕн пленумĕ

Январĕн 14-мĕшĕнче КПСС Чăваш обкомĕн пленумĕ пулса иртрĕ.

КПСС Чăваш обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ пулма пленум С. М. Ислюков юлташа, обкомăн иккĕмĕш секретарĕ пулма М. Д. Корабельников юлташа, обком секретарĕсем пулма В. Я. Яковлев, Н. Н. Никитин, П. В. Владимиров юлташсене суйларĕ.

Обком секретарĕсене С. М. Ислюков, М. Д. Корабельников, В. Я. Яковлев, Н. Н. Никитин, П. В. Владимиров юлташсене кĕртсе, пленум КПСС обкомĕн секретариатне çирĕплетнĕ.

КПСС обкомĕн бюро членĕсем пулма С. М. Ислюков, М. Д. Корабельников, В. Я. Яковлев, Н. Н. Никитин, П. В. Владимиров, Д. Я. Митьков, А. С. Ерлаков, П. А. Чичикин тата И. А. Захарцев юлташсене суйланă.

КПСС обкомĕн бюро членĕсен кандидачĕсем пулма С. К. Коротков, Л. Х. Михайлов тата Ф. К. Шатров юлташсене суйланă.

Пленум КПСС обкомĕн пайĕсен заведующийĕсене çирĕплетрĕ: парти органĕсен пайĕн заведующийĕ пулма Л. Х. Михайлов юлташа, пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ пулма Д. И. Абашев юлташа, промышленноçпа транспорт пайĕн заведующийĕ пулма Л. Г. Шерстюк юлташа, администрацие суту-илÿ тата финанс пайĕн заведующийĕ пулма М. Р. Родионов юлташа, ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ пулма А. М. Шорников юлташа çирĕплетнĕ.

КПСС обкомĕ çумĕнчи парти комиссийĕн председателĕ пулма В. Г. Имуллин юлташа çирĕплетнĕ.

Пленум «Советская Чувашия» хаçат редакторĕ пулма А. А. Сысин юлташа, «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакторĕ пулма М. Н. Якимов юлташа çирĕплетнĕ.

* * *

Ревизи комиссийĕн малтанхи ларăвĕнче ревизи комиссийĕн председателĕ пулма Е. Я. Мидаков юлташа суйланă.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ

### Г. А. Мартынов юлташа Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ пулма уйăрса лартасси çинчен

Григорий Алексеевич Мартынов юлташа Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕ пулма уйăрса лартас, çавна май ăна Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕн ĕçĕсенчен хăтарас.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ Д. МИТЬКОВ.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн секретарĕ А. ИЗМАЙЛОВ.
Шупашкар хули, 1956 çулхи январĕн 16-мĕшĕ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ

### М. И. Иванов юлташа Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕ пулма уйăрса лартасси çинчен

Моисей Иванович Иванов юлташа Чăваш АССР Ялхуçалăх министрĕ пулма уйăрса лартас.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ Д. МИТЬКОВ.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн секретарĕ А. ИЗМАЙЛОВ.
Шупашкар хули, 1956 çулхи январĕн 16-мĕшĕ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Указĕ

### Н. А. КОЖЕВНИКОВ ЮЛТАША ЧĂВАШ АССР МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔН СТРОИТЕЛЬСТВĂПА АРХИТЕКТУРА ĔÇĔСЕН УПРАВЛЕНИЙĔН НАЧАЛЬНИКĔ ПУЛМА УЙĂРСА ЛАРТАССИ ÇИНЧЕН

Николай Алексеевич Кожевников юлташа Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн Строительствăпа архитектура ĕçĕсен управленийĕн начальникĕ пулма уйăрса лартас.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн председателĕ Д. МИТЬКОВ.
Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн секретарĕ А. ИЗМАЙЛОВ.
Шупашкар хули, 1956 çулхи январĕн 16-мĕшĕ.

## Облаçри парторганизацин XXVI-мĕш конференцийĕ

# КПСС ЧĂВАШ ОБКОМĔН ОТЧЕТЛĂ ДОКЛАЧĔПЕ РЕВИЗИ КОМИССИЙĔН ОТЧЕТНЕ СÿТСЕ ЯВНИ

## *Чичикин юлташ сăмахĕнчен*

**КПСС Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ**

Отчетлă тапхăрта облаçри парторганизаци, партипе правительство решенийĕсене пурнăçласа, КПСС Центральнăй Комитечĕ ертсе пынипе республика хуçалăхĕпе культурине малалла аталантарчĕ. Ăна Шупашкар хулинчи тĕслĕхсенчен те курма пулать.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви çĕршыври хуласене лайăхлатса илемлетессишĕн тăрăшнине пула, Шупашкар хули—республикăн пысăк промышленноçлă тата культура центрĕ—çулсеренех ÿссе пысăкланать. Иртнĕ пилĕкçуллăхра промышленность предприятийĕсем, пурăнмалли çуртсем, культурăпа йăла учрежденийĕсем лартма, хулана юсаса лайăхлатма 370 миллион тенкĕ ытла расходланă. Пилĕкçуллăхра 117 пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем туса лартнă, вăл шутран рабочисемпе служащисем хăйсем валли 1.650 çурт лартнă, пилĕк вăтам шкул, техника училищипе ФЗО шкулĕн çурчĕсене туса пĕтернĕ. Медицина учрежденийĕсен, ача сачĕсемпе яслисен, магазинсемпе столовăйсен шучĕ ÿснĕ. Педагогика институчĕпе ялхуçалăх институчĕн, республикăри больницăн çурчĕсене тăваççĕ. Хулара пурăнакан çынсен хисепĕ ÿсет.

Хула çакăн пек хăвăрт ÿсни КПСС хула комитетне хуçалăхпа культура строительствине лайăхрах ертсе пыма хушать. Анчах партин хула комитечĕн ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур, ун çинчен хулари партконференцире тĕрĕс каларĕç.

Хулари промышленность предприятийĕсен продукци туса кăларассине ÿстерме, техникăпа производство технологине лайăхлатма паха майсем нумай. Анчах хăшпĕр парторганизацисем, çавăн пекех партин хула комитечĕ те, çĕнĕ техникăна алла илессишĕн çине тăрса кĕрешмеççĕ, çĕннине, паха пуçарусене аталантарассишĕн тăрăшманнипе килĕшсе лараççĕ, ĕç тухăçлăхне ÿстерме, продукци туса кăларассине вăйлатма, унăн пахалăхне лайăхлатма, продукцин хăйне ларакан хакне йÿнетме тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

Партин хула комитечĕ капитальнăй строительствăна çителĕксĕр ертсе пырать. 123-мĕш стройтрест, «Легпромстройăн» 11-мĕш тресчĕ тата ытти хăшпĕр строительство организацийĕсем 1955 çулхи государство планне тултараймарĕç.

Малалла Чичикин юлташ республикăри хăшпĕр организацисене, вĕсем хăйсене пăхăнса тăракан предприятисене ячĕшĕн кăна, япăх ертсе пынăшăн критиклет. Ашкакай тресчĕ комбината выльăхсем вăхăтра тăратма тăрăшмасть, çавăн пирки предприяти çулталăкри плана тултараймарĕ. Кирпĕч завочĕ япăх ĕçленĕшĕн партин хула комитечĕпе пĕрле Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленийĕ те ответлă. Асăннă управлени работникĕсем завода ĕçе тĕрĕс организацилеме, оборудованине туллин усă курма пулăшмаççĕ. Чылай предприятисем плана тултараймаççĕ, анчах çавăншăн Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ те, парти обкомĕ те республикăри организацисен руководителĕсене тивĕçлĕ ответлăх ыйтмасть.

КПСС обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн аппаратĕнче те кăлтăксем пур. Сăмахран, Сывлăха сыхлас ĕç, Сутĕç, Культура министерствисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕр хут çеç мар палăртнă. Çак участоксене обкомра Яковлев юлташ, Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнче Андреев юлташ ертсе пыраççĕ. Тÿрех калас пулать, Андреев юлташ пĕтĕм вăй-хăватне парса ĕçлемест, вăл ертсе пыни туйăнмасть. Андреев юлташ никамран та ыйтмасть, Андреев юлташран хăйĕнчен те никам та ыйтмасть. Хулара пурăнмалли çуртсем, ача тата медицина учрежденийĕсем çителĕксĕр. Çакă парти хула комитечĕпе парти обкомне пурăнмалли çуртсемпе культурăпа йăла учрежденийĕсем туса лартас тĕлĕшпе ытларах ĕçлеме хушать. Парти обкомĕ, тет Чичикин юлташ, тĕслĕхрен, обком секретарĕ Никитин юлташ, çак ыйтăва çÿлте тăракан организацисенче татса пама кирлĕ пек тăрăшмасть.

Хулара суту-илÿ ĕçне, апат-çимĕç продукчĕсем сутассине начар йĕркеленĕ. Пуринчен ытларах апат-çимĕç продукчĕсене комиссие илсе сутассине тĕпрен вăйлатмалла. Чăвашпотребсоюз ку тĕлĕшпе питĕ япăх ĕçлет. Парти обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ Чăвашпотребсоюза апат-çимĕç продукчĕсене комиссие илсе сутассине лайăхлатма хистемеççĕ, вĕсем çав ĕçе кирлĕ пек хакламаççĕ. Суту-илĕве вăйлатас тĕлĕшпе парти райкомĕсемпе райисполкомсем те ытларах ĕçлеме тивĕçлĕ. Вĕсен райпотребсоюзсен хатĕрлев канторĕсене колхозсенче апат-çимĕç продукчĕсем сутăн илмелли плана тултарма пулăшмалла. Колхозсем апат-çимĕç продукчĕсене республика тулашне илсе кайса сутнă пирки Шупашкарти колхоз пасарĕнче апат-çимĕç продукчĕсем ытла та сахал.

Хулари парторганизацин идеологилле ĕçе, творчествăлла организацисен, институтсен ĕçне ертсе пырас тĕлĕшпе те çитменлĕхсем пур. Идеологилле ĕçри тĕп çитменлĕх вăл ăна практикăпа, пурнăçпа çыхăнтарса туса пыманни, коммунизм строительствинчи паха тĕслĕхсене пĕтĕçтерме тата пурнăçа хăвăрт кĕртме пĕлменни. КПСС хула комитечĕ çак çитменлĕхсене пĕтерме тăрăшать. Идеологилле ĕç çинчен хулари парти активĕн пухăвĕнче сÿтсе явнă, халĕ пуçламăш парторганизацисенче сÿтсе яваççĕ. Агитаторсен семинарĕсене промышленноçăн отраслĕсем тăрăх ирттереççĕ. Идеологилле ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе хула комитечĕн бюровĕ ытларах ĕçлеме пуçларĕ.

Юлашкинчен Чичикин юлташ обкомăн отчетлă докладĕнче тата ревизи комиссийĕн докладĕнче Шупашкарти хула комитечĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене критикленине тĕрĕс тесе йышăнать. Вăл çапла шантарса каларĕ: Шупашкар хулинчи парторганизаци, критикăпа самокритикăна анлăн сарса, политикăлла тата партилле-организаципе ĕçе лайăхлатса, хулари хуçалăхпа культурăлла аталантарас ĕçре [illegible] Коммунистсен партийĕн XX-мĕш съездне тивĕçлĕ кĕтсе илĕ.

## *Коротков юлташ сăмахĕнчен*

**Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ, Социализмла Ĕç Геройĕ**

Пирĕн умра пĕр задача—тырă, сĕт, çĕрулми, пахча çимĕç тата ытти продуктсем ытларах туса парас задача тăрать. Çак задачăна татса парас тĕлĕшпе пирĕн пĕтĕм парти, çав шутра Чăваш республикинчи парти организацийĕ те тăрăшса ĕçлет. Пирĕн малта пыракан ĕç меслечĕсене вĕренсе пурнăçа кĕртсе пымалла. Ку ĕçре парти организацийĕсемпе пĕрле ялхуçалăх учрежденийĕсен те колхозсене пулăшмалла.

Малалла Коротков юлташ Чăвашсен государство селекци станцийĕн ĕçне тата унăн директорне Лукьяненко юлташа хытă критиклерĕ.

Иртнĕ çул МТС директорĕсемпе вĕсен заместителĕсен тата наукăпа тĕпчев учрежденийĕсен директорĕсен семинарĕнче Лукьяненко юлташ селекци станцин опычĕ çинчен тухса каланă. Лысенко тата Мальцев ĕçĕсем çинче чылай чарăнса тăрса, Лукьяненко юлташ çак паллă совет ученăйĕсен ĕçĕсене усăллă хирĕçлесе каланă.

Практика çĕртме уйĕнче çĕрулми лартса туни тата пысăк акса илни усăллă пулнине кăтартать. Çапла пулин те хăйĕн пĕр лекцийĕнче Лукьяненко юлташ çав ĕçсене сивлесе каланă.

Наука учрежденийĕн руководителĕ Лукьяненко юлташ Чăваш республикинчи уй-хирĕнче кукуруза акса тăвассине хирĕç тăни пушшех тĕлĕнтерет. Наукăпа практика пурне те ĕненмелле кăтартса пани пулин те, вăл пирĕн патăрта кукуруза пулмасть, хĕвелçаврăнăшĕнчен туна силос кукурузăран туна силосран чылай усăллăрах, тесе ĕнентерме хăтланать.

Кукуруза акмасан, эпир выльăх апачĕ пирки тăракан ыйтăва нихçан та татса парас çук. Кукуруза тухăçĕ пулин çав пирĕн патăрта кукуруза ÿсме пултарайманни тĕлĕнмелле мар, ун çине кирлĕ пек çаврăнса пăхманнипе килет. Республикăра кирек хăш колхозра та кукуруза пысăк тухăçлă пулма пултарать. Çав культурăна акса тăвас тĕлĕшпе колхозсене тăрăшса ĕçлени çеç кирлĕ.

Коротков юлташ колхозсенче лашасене хакламаннине пĕтерме кирли çинчен калать. Лашасене [illegible] тĕрĕс мар тесе шутлать. Пирĕн машинисем [illegible] кирлĕ пулин те, колхоз лаши—пысăк вăй. Лайăх лашасем валли лайăх урапасем кирлĕ. Анчах та паха урапасем пирĕн сахал тăватпăр.

Çакăнпа пĕрлех Коротков юлташ парти организацийĕн инструкторĕсен ĕçне лайăхлатма кирли çинче чарăнса тăчĕ.

## *Фомин юлташ сăмахĕнчен*

**Улатăрти 4-мĕш строительствăпа монтаж управленийĕн слесарĕ**

Пирĕн хулана электричество энергийĕ ытларах кирлĕ, çавăнпа çĕнĕ электростанци тăвас ĕç питĕ вăраххăн пырать, йна хăçан туса пĕтересси паллă мар.

Пирĕн управлени çинче начальник улшăнать. Анчах юлашки начальник те хăйĕн тивĕçне [illegible] пурнăçлаймасть. Вăл ĕçлеме электростанци территорийĕнче хăй валли çурт лартассипе пуçлать, çав вăхăтра производство ыйтăвĕсене сахал интересленет.

Строительствăна ертсе пыраканĕсем [illegible] пирĕн хула главнăй инженер [illegible] строитель вырăнне инженер-текстильщик килчĕ.

Стройкăра йывăр ĕçсене ытах механизацилемен. Пирĕн подъемнăй кран пĕрре çеç, вăл та пулин час-часах ахаль тăрать. Йывăр ĕçсене пурне те алă вĕççĕн тума тивет. Стройкăра ĕçе япăх организацилемен, час-часах тунă ĕçе темиçе хут çаса çĕнĕрен тума тивет.

Хулари партконференци электростанцин пĕрремĕш черетне кăçалах октябрь уйăхĕнче туса пĕтерме йышăнчĕ. Анчах ĕçсем малашне те халĕхи пек пулса пырсан, ку решени пурнăçланасси иккĕленÿллĕ.

Парти обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн çав стройкăна ытларах пулăшмалла.

## *Егоров юлташ сăмахĕнчен*

**ВЛКСМ обкомĕн секретарĕ**

КПСС обкомĕн отчетлă докладĕнче республикăри комсомол организацийĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене тĕрĕс палăртнă.

Сăмахран, комсомол организацийĕсем кукуруза акса тăвас ĕçе хутшăннинех илер. Çураки умĕн комсомолецсемпе çамрăксен кукуруза акса тăвас тĕлĕшпе ĕçлекен звенисем 1.800 ытла социализмла ăмăртăва хутшăнчĕç, анчах та çураки хыççăн вĕсенчен нумайăшĕ саланса кайрĕç. Çак пысăк ĕç путланса ларнăшăн чи малтанах комсомол обкомĕпе райкомĕсем айăплă. Анчах эпир партин облаçри тата районсенчи комитечĕсем, çавăн пекех пуçламăш парторганизацисем тивĕçлĕн пулăшнине туймарăмăр.

Облаçри комсомол конференцийĕ республикăри комсомол организацийĕсем умне пысăк та ответлă задачăсем лартрĕ. Комсомолецсемпе çамрăксен вăйĕпе 1956 çулта пĕр миллион тоннăран кая мар тислĕк, 500 пин тонна торф хатĕрлесе уя кăларма, торфпа çĕрĕк тăпри чÿлмекĕсем 25 миллион туса хатĕрлеме, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетнĕ çĕрте ĕçлеме комсомолецсемпе комсомолкăсене 1.000 çынтан кая мар яма палăртнă. Промышленность предприятийĕсенчи комсомол организацийĕсен ĕçне лайăхлатас, комсомолецсемпе çамрăксене идейăпа политика тĕлĕшĕнчен воспитани парассине вăйлатас енĕпе пысăк ĕçсем туса ирттерме тивет. Партипе совет органĕсем тивĕçлипе активлăн пулăшсан кăна çав задачăсене пурне те ăнăçлă татса пама пулать.

Пирĕн çакăн пек фактсем те сахал мар: колхозсен, промышленность предприятийĕсен руководителĕсем пĕр-пĕр задачăна комсомолецсемпе çамрăксемсĕрех татса пама пулать, теççĕ пулас. Комсомол пухăвĕсенче колхоз пурнăçĕн тĕп ыйтăвĕсене сÿтсе явнă чухне часчасах вĕсенче артель правленийĕн председательне тĕл пулмастăн. Промышленность предприятийĕсен руководителĕсенчен нумайăшĕ çамрăксемпе калаçма кирлĕ мар тесе шутлаççĕ пулас. Комсомолецсем хăйсен пухăвĕсенче Шупашкарти электроаппаратура завочĕн директорне Ардаматский юлташа, пир-авăр комбиначĕн директорне Чекмасов юлташа, Канашри вагонсем юсакан заводăн директорне Волчков юлташа, Улатăрти йывăç япаласем тăвакан комбинатăн директорне Арбузов юлташа пачах курмаççĕ теме пулать.

Тата çакăн çинчен калас килет. КПСС обкомĕ, нумай райкомсемпе хула комитечĕсем сайра хутра çеç комсомол организацийĕсем умне конкретлă задачăсем лартаççĕ, ун пек задачăсем лартнă чухне те вĕсене пурнăçа кĕртмелле тăвассишĕн сахал тăрăшаççĕ.

Республикăри комсомол организацийĕсенче комсомол докуменчĕсем улăштарас ĕç пуçланчĕ. Ку вăл—пĕчĕк ĕç мар. Ку ĕçре парти организацийĕсем кулленех пулăшу пама тивĕçлĕ. Анчах та чылай районсенче—Çĕмĕрле, Çĕрпÿ, Хĕрлĕ Чутай, Улатăр тата ытти хăшпĕр районсенче ВЛКСМ райкомĕсене парти райкомĕсем кирлĕ пек пулăшса тăни çук.

## *Кузьмин юлташ сăмахĕнчен*

**КПСС Çĕмĕрле райкомĕн секретарĕ**

Çĕмĕрле районĕнче КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăрту анлă сарăлчĕ. Çĕмĕрле хулинчи тата районти промышленность валовой продукци туса кăлармалли плана декабрĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ. 1955 çулхи программăна 102 процент пурнăçланă, планран ирттерсе 6 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларнă.

Çакăнпа пĕрлех КПСС райкомĕпе пуçламăш парторганизацисем плана мĕнпур предприятисем тăрăх тултармалла тăваймарĕç. 6 предприяти иртнĕ çулхи плана тултараймарĕ.

Кузьмин юлташ республикăри чылай организацисем тĕлĕшпе асăрхаттарусем тăвать. Вăл сĕтел-пукан комбинатне йывăç тăратас ĕçе лайăхлатма кирли çинчен калать. Районта строительство материалĕсем тăвас ĕç çителĕксĕр пырать. Çĕмĕрлере туса кăларакан кирпĕчĕн пахалăхĕ начар. Çак ыйтăва Строительство материалĕсем тăвакан промышленноçăн управленийĕ умне те, парти обкомĕ умне те пĕр хутчен кăна мар лартнă, анчах ĕç улшăнмасть. Çĕмĕрлере кирпĕч завочĕ çĕнĕрен тăвасси çинчен ыйтăва çирĕппрех лартни кирлĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти, январьти Пленумĕсен постановленийĕсене тата ялхуçалăхне хăвăрт вăйлатас тĕлĕшпе партипе правительство каярахпа йышăннă решенисене пурнăçласа пынипе иртнĕ çулта колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла çирĕплетес ĕçре хăшпĕр лайăх результатсем тунă. Ялхуçалăх ĕçĕсене йĕркеллĕрех тата лайăхрах туса ирттернипе пула, тĕштырăсен тухăçлăхĕ пĕлтĕр малтанхи çулхинчен пĕр хут çурă пысăкрах пулчĕ. Чылай колхозсенче выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ кăштах ÿснĕ.

Оратор «Советская Чувашия» хаçата критикленĕ. Вăл çакна палăртнă: хаçат активпа анлă массисемпе çителĕксĕр çыхăнса тăрать, предприятисенчи, стройкăсенчи, колхозсенчи малта пыракансен опытне начар пропагандăлать. Нумай статьясен шайĕ питĕ çителĕксĕр-ха. Идеологи ĕçĕн ыйтăвĕсене кирлĕ пек сивĕч сутатмаççĕ, пурнăçпа тата практикăпа тивĕçлипе çыхăнтармаççĕ. Хаçатра пысăк йăнăшсем пулаççĕ.

## *Кирпичев юлташ сăмахĕнчен*

**КПСС Çĕрпÿ райкомĕн секретарĕ**

Обкомăн отчетлă докладĕнче çапла каланă: парти обкомĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти Пленумĕн постановленине пурнăçлассине çителĕксĕр организациленĕ. Ку вăл тĕрĕс. Отчетлă тапхăрта ялхуçалăхĕнчи ĕçсем, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе, ытлах лайăхланаймарĕç. Хăшпĕр ĕçсем енĕпе, сăмахран, сĕт суса илес енĕпе, кăтартусем япăхланчĕç те.

Пирĕн облаçри парторганизацире япăх ĕçшĕн ответлăха район руководителĕсем çине кăна йăвантарма хăнăхнă. Пире, райком секретарĕсене, пулăшнинчен ытларах ятлаççĕ. Ĕçре мĕн те пулин йĕркеллĕ пулмасан вара тÿрех айăплама тăрăшаççĕ.

Ман шутпа, райкомăн ĕçне лайăхлатассин чи малтанах парти обкомĕн хăйĕн организаторла ĕçĕн шайĕнчен килет. Парти обкомĕ райкомсене хăйсен ĕçне тĕрĕс организацилеме пулăшма тивĕçлĕ.

Халĕ обкомра ĕç кăштах лайăхланни сисĕнет, лайăх решенисем йышăнаççĕ. Анчах та пирĕн решенисем нихçан та сахал пулман. Решенисем хăйсем тĕллĕн кăна ĕçе пулăшмаççĕ, çав решенисене пурнăçлассине организацилени кирлĕ.

Хальхи вăхăтра пирĕн республикăра малта пыракансен социализмла ăмăртăвне кăна çутатса тăраççĕ. Ĕç ăнăçлăхне, паллах, малта пыракансем кăна мар, выльăх-чĕрлĕх пăхакан мĕнпур çынсем татса параççĕ. Вĕсене пурне те лайăх ĕçлеттерме тăрăшмалла.

Юлашки вăхăтра Çĕрпÿ райкомĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç çине тимлĕ пăхать. Районти колхозсем КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе илнĕ обязательствăсене ăнăçлă пурнăçлаççĕ. 1.707 пуç сысна самăртнă, вĕсенчен кашни 86 килограмм таять. Февралĕн 15-мĕшĕччен тата 800 пуç самăртма йышăннă, çулталăк хушшинче пурĕ 2.500 пуç самăртмалла.

Пирĕн дояркăсем съезд уçăлнă тĕле кашни ĕнерен 550-шар килограмм сĕт суса илме пулчĕç. Халĕ 305-шер килограмм суса илнĕ ĕнтĕ. Фермăсенче мĕнпур обязательствăсене пурнăçлассишĕн кĕрешÿ пырать. Пур колхозсенче те тенĕ пекех выльăхсене кукуруза силосĕпе тăрантараççĕ, концентратсем парассине ÿстернĕ, шыв турттарса пырас, утă-улăма вĕтетсе çемçетес тата ытти ĕçсене те йĕркеленĕ.

Райкомпа райисполком выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерес тĕлĕшпе чылай ĕçсем туса ирттерчĕç. Эпир кашни дояркăна тата выльăх-чĕрлĕх пăхакана чĕнсе çыру çыртăмăр, унта вĕсен умне конкретлă задачăсем лартрăмăр. Малта пыракан колхозсем юлса пыракансене шефа илессине, пĕр-пĕрне пулăшассине организациленĕ. Уйăхра ултă хутчен ĕнесенчен сĕт нумайрах суса илессишĕн пыракан ăмăртăвăн бюллетенĕсене тата уйăхра пĕр хутчен сысна ашĕ туса илессине ÿстерессишĕн пыракан ăмăртăвăн бюллетенĕсене кăларатпăр. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансен галерейине тунă, унта малта пыракансен 70 портретне кăларса çакнă. «Выльăх-чĕрлĕх пăхакансен кунне» ирттеретпĕр. Январь уйăхĕ пĕтиччен выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕç мĕнле пыни çинчен тата КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе илнĕ обязательствăсене мĕнле пурнăçлани çинчен сÿтсе явма выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекенсен слетне ирттеретпĕр.

Эпир çитес икĕ çул хушшинче ĕнесен шутне икĕ хут ÿстерес тата кашни ĕнерен вăтам шутпа 2.500—3.000 литр сĕт суса илес задача лартатпăр. Халĕ районта колхозниксен, рабочисемпе служащисен аратлă ĕнисен пăрушĕсене суйласа илес енĕпе ĕçсем туса ирттерме палăртнă. 1956 çулта мĕнпур колхозсенчи фермăсене шыв парса тăрассине организацилес тĕлĕшпе план туса хатĕрлеççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕсем йышăннă решенисем парти организацийĕсем умне ялхуçалăхне ертсе пырассине лайăхлатас тĕлĕшпе пысăк задачăсем кăларса тăратрĕç. Анчах та обком бюровĕ райком секретарĕсене япăх вĕрентет-ха. Семинарсене виçĕ çул каялла, унтан маларах мар пулсан, ирттернĕ. Пурнăç малалла пырать, ялхуçалăхĕнче çĕнĕрен çĕнни тухса тăрать, эпир вара чассчасах çав çĕннине курмастпăр, кулленхи ĕçре юлса пыратпăр. Эпĕ райком секретарĕ пулса 13 çул ĕçлетĕп, анчах та мана обком секретарĕ чĕнсе калаçнине, манăн йывăрлăхсемпе интересленнине астумастăп.

Малалла Кирпичев юлташ районсене уполномоченнăйсем урлă кăна ертсе пыни юрăхсăр практика пулни çинчен калать. Юлташсене районсене ярассĕ пулсан, вĕсен вăхăта райком кабинечĕсенче ларса ирттермелле мар, организаторла ĕç те тумалла.

Кирпичев юлташ çакăн пек сĕнÿ панă: Рязань облаçне экскурсие каяссине организацилемелле, унта выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансенчен республикăра социализмла ăмăртăва лайăхрах йĕркелемеллине вĕренмелле.

## *Енчиков юлташ сăмахĕнчен*

**Шупашкар хула Совет исполкомĕн председателĕ**

Партипе правительство пирĕн республикăпа унăн столицин экономикине тата культурине аталантарассишĕн кулленех тăрăшаççĕ. Ăна кашниех курса тăрать.

Манăн пирĕн хула хуçалăхĕн тата хулари социальнă-культурăлла строительствăн аталанăвĕнчи пысăк çитменлĕхсем çинче чарăнса тăрас килет. Кушăн, паллах, вырăнти организацисем—хула Совет исполкомĕпе партин хула комитечĕ, промышленность предприятийĕсен руководителĕсем айăплă. Эпĕ çав вăхăтрах çак çитменлĕхсемшĕн парти обкомĕпе Министрсен Совечĕ те айăплă тесшĕн. Вĕсем промышленноçа аталантарас, пурăнмалли çурт-йĕр тата социальнă-культурăлла учрежденисем тăвас тĕлĕшпе тăракан ыйтусене союзлă министерствăсем умне татăклăнрах лартмаççĕ.

Юлашки виçĕ çул хушшинче пирĕн республикăн экономикипе культурине аталантарас ыйтупа союзлă правительство темиçе решени те йышăнчĕ. Анчах çав решенисен нумай пункчĕсем пурнăçа кĕмесĕр юлчĕç. Мĕншĕн? Парти обкомĕпе Министрсен Совечĕ çав решенисене пурнăçа кĕртессишĕн çине тăрса тăрăшманнинчен çеç пулчĕ.

Ман шутпа, çак ыйтусене Госэкономкомисси тата Строительствăпа архитектура енĕпе ĕçлекен комитет тĕрĕс татса памаççĕ. Çĕнĕ строительство планĕсене пăхса тухнă чухне вĕсем пурăнмалли çуртсене мĕнпур кирлинчен 30 процентне кăна тума палăртаççĕ. Рабочисемпе вĕсен çемйисен 70 процентне ăçта вырнаçтармалла-ха вара?

Электротехнически промышленность министерстви пирки. Пирĕн электроаппаратура завочĕ лайăх ĕçлет, ăна туни те нумай пулать, анчах вăл пурăнмалли çуртсем ытла та сахал тăвать.

Заводăн пурăнмалли çуртсем, ача учрежденийĕсем çитмеççĕ. Анчах министерство çак ыйтусене татса памасть. Вăл çеç те мар. Пурăнмалли çуртсем тума малтан палăртнă 8 миллион тенкĕ вырăнне 1956 çулта 2,5 миллион тенкĕ кăна уйăрнă.

Пир-авăр промышленность министерстви пир-авăр комбинатĕнчи рабочисем валли больница тата пурăнмалли çуртсем тăвас ыйтăва та вăраххăн татса парать. Юханшыв флочĕн министерствин позицийĕ те пире паллă мар. Атăл урлă пассажирсем тата грузсем турттарма пирĕн 1940 çулта Сормово рабочийĕсем парнеленĕ «20 лет Чувашской АССР» пăрахут тата «Газовец» евĕрлĕ икĕ катер пулнă. Унтанпа хулари халăх йышĕ виçĕ хут ытла ÿсрĕ, хулари автотранспорт вунă хут ÿсрĕ, Атăл леш енчи халăх йышĕ 6 хут ÿсрĕ пулин те Атăл урлă касса çÿреме çÿлерех асăннă пăрахут тата «Газовец» катер кăна пур. 1940 çулта пирĕн Атăл çинче икĕ дебаркадер пулнă, халĕ—пĕрре кăна.

Эпир Юханшыв флочĕн министерствинчен пирĕн пушасене тивĕçтересси çине ытларах пăхма ыйтатпăр.

## *Иванов юлташ сăмахĕнчен*

**КПСС Шăмăршă райкомĕн секретарĕ**

Пирĕн районти колхозниксемпе колхозницăсем, Кольцовкăри Ленин орденлĕ Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсен чĕнсе каланине сÿтсе явса, конкретлă обязательствăсем йышăнчĕç тата КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнчĕç.

Кукуруза туса илес тĕлĕшпе опыт пулман пулсан та, иртнĕ çулта кукуруза япăх мар туса илтĕмĕр. Тÿрех каламалла, çанталăк сивĕтмен пулсан, кукуруза тунинчен тата çулçинчен çĕршер тонна силос тата кукуруза пуçĕнчен вуншар тонна выльăх апачĕ хатĕрлеме пултараттăмăр.

Халĕ ĕнтĕ пирĕн патра кукуруза пулмасть, тесе каламалла никам та пултараймасть. Колхозниксем çакна ăнланса илчĕç: агротехника кăтартăвĕсене çирĕп пурнăçласа пырсан, кашни колхозрах пысăк тухăçлă кукуруза туса илме пулать.

Кукурузăпа хĕвелçаврăнăш туса илни силос нумай хывса хăварма, утă-улăм çителĕклĕ хатĕрлеме тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли концентратлă апатсем кирлĕ чухлĕ уйăрма май пачĕ. Çавна май колхозсенче выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарма халиччекхинчен лайăхрах условисем тунă.

Районта колхозниксене кăçал ĕçкунĕ пуçне тырă, выльăх апачĕ иртнĕ çулхисенчен ытларах валеçсе панă. Юлашки çулсенче колхозсем кăçал кăна вăрлăх, çĕрулмипе техникăлла культурăсемсĕр пуçне, çителĕклĕ хывса хăварнă. Халĕ колхозсем çĕрулми вăрлăхне колхозниксенчен сутăн илеççĕ.

Иртнĕ çулта район 1956 çул валли тĕштырă туса илме тата выльăхсене симĕсле çитерме кĕртыррисем нумай лаптăк çине акса хăварнă. Техникăлла культурăсем тата çĕрулми йышăнакан лаптăка та ÿстеретпĕр. Кукуруза акнă лаптăк иртнĕ çулхинчен тăватă хут пысăкрах пулать.

Çуракине хатĕрленес ĕçсене—тислĕк кăларассине, вырăнти удобренисемпе минераллă удобренисем хатĕрлессине, ялхуçалăх машинисемпе инвентарь юсассине КПСС XX-мĕш съезчĕ уçăлнă кун тĕлне пĕтĕмпех туса пĕтерме тăрăшаççĕ.

Çак конференцире пирĕн района обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетесси юлса пынăшăн тивĕçлипе критиклерĕç. Иртнĕ çулта эпир выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстермелли плана пĕр выльăх енĕпе те тултарман. Кашни ĕнерен вăтам шутпа 833 килограмм кăна сĕт суса илнĕ.

Халĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ыйту çине тимлĕрех пăхма пуçларăмăр, ĕçсем те кăштах лайăхланчĕç. Иртнĕ çулта малтанхи виçĕ уйăхра кашни ĕнерен 90 килограмм сĕт суса илнĕ пулсан, хальхи хуçалăх çулĕнче—158 килограмм суса илнĕ. Паллах, ку вăл çителĕксĕр-ха, анчах пăртак улшăну тунă: çак çитĕнĕве çирĕплетме, малашне тата лайăхрах ĕçлеме тăрăшатпăр. Районти колхозсем кăçал кашни ĕнерен 1.300 килограмм таран сĕт суса илессишĕн, урăхла каласан, ĕнесенчен сĕт суса илессине 1955 çулхинчен 500—600 килограмм таран ÿстерессишĕн тăрăшаççĕ. Ку задачăна пурнăçлама пулать-и? Паллах, пулать. Çакна малта пыракансен опычĕ лайăх кăтартса парать. Ун пек колхозсем пирĕн районта та пур, вĕсен шутне Ворошилов ячĕпе тăракан тата «Искра» колхозсем кĕреççĕ. Çав колхозсенчи дояркăсем кăçал кашни ĕнерен 2.500 килограмм сĕт суса илессишĕн, «Правда», «Слава», Мичурин ячĕпе, Горький ячĕпе тăракан колхозсем кашни ĕнерен 1.500—2.000 килограмм сĕт суса илессишĕн кĕрешеççĕ.

Кăçал социализмла ăмăртăва ертсе пырасси лайăхланчĕ. Халĕ эпир выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсен ăмăртăвĕ мĕнле пынине кăтартакан бюллетеньсем кăларатпăр, кăтарту хăми турăмăр, ăмăрту итогĕсене вăхăтра пăхса тухатпăр, мала тухнисене пама райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕн куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне, колхозсенче хĕрлĕ ялавсем тунă т. ыт. те.

Анчах пире КПСС обкомĕ, Министрсен Совечĕ тата республикăри ытти организацисем пулăшса тăни кирлĕ.

Чи малтанах, колхозсене автомашина туянма пулăшмалла. Колхозсенче автомашина çук пирки государствăна тырă тата ялхуçалăх продукчĕсем памалли задание пурнăçланă чухне пысăк чăрмавсем пулаççĕ. Ытти организацисен транспорчĕпе усă курни колхозсен экономикинче хытă палăрать. Çапла, Молотов ячĕпе тăракан колхоз урăх организацин транспорчĕпе усă курнăшăн 390 центнер тырă расходланă. Колхозăн хăйĕн машина пулнă пулсан, çав тырă колхозрах юлатчĕ, унпа 40 ĕнерен кая мар туянма пулатчĕ. Калинин ячĕпе, Ленин ячĕпе тăракан, «Путь к коммунизму», «Светлый путь», «Родина» тата ытти колхозсенче те машинăсем çук.

Ку колхозсем экономика тĕлĕшĕнчен вăйсăр-ха. Вĕсем машинăсем туянма тырă сутма пултараймаççĕ, анчах нарядсем тăрăх район валли машинăсем уйăрса памаççĕ.

Эпир темиçе çул ĕнтĕ Патăръелĕнче ялхуçалăх снабжени базине уçма кирли çинчен ыйту лартатпăр. Анчах ку енĕпе нимĕн те туман. Колхозсен минераллă удобренисем кÿрсе килес пулсан, 100—120 километра кайма тивет.

Республикăри Сывлăха сыхлас ĕçĕн министерстви пирĕн ыйтусене çителĕклĕ тивĕçтермест. Республикăри ертсе пыракан работниксем пирĕн районта сайра хутра кăна пулаççĕ.

КПСС обкомĕпе Министрсен Совечĕн пире ытларах пулăшмалла, ун чухне, паллах, районти экономикăпа культурăн мĕнпур отраслĕсене хăватлăн аталантарма пултаратпăр.

## *Егорова юлташ сăмахĕнчен*

**Çĕрпÿ районĕнчи Ойкас ял Совечĕн председателĕ**

Пирĕн районти колхозсем иртнĕ çулта хăшпĕр çитĕнÿсем тума пултарчĕç. Сăмахран, иртнĕ çулсенче кая юлнă колхоз шутланнă «Правда» ялхуçалăх артелĕ кăçал тырă кашни гектартан вăтам шутпа 13 центнер пухса кĕртрĕ, сĕт суса илесси виçĕ хута яхăн ÿсрĕ. Çак çитĕнĕве колхозниксем тăрăшса ĕçленипе, ялхуçалăх артельне ертсе пырас ĕçе лайăхлатнипе тума пултартăмăр.

Пирĕн районта, тет Егорова юлташ, вырăнти промышленность предприятийĕсем пур, анчах вĕсем колхозсене кирлĕ япаласем сахал туса кăлараççĕ. Çуна, пĕкĕ, катка-пичке ниçта та тупса илме çук.

Халăхăн культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерме тата транспорт ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе халĕ те сахал тăрăшаççĕ-ха. Шупашкарпа Канаш хушшинчи чугун çулăн 36-мĕш километрĕнче поезд виçĕ минут кăна тăрать, çав вăхăтра кунта поезд çине ларма пынă çынсем яланах йышлă. Поезд çине ларнă чухне те, ун çинчен аннă чухне те хытă васкама тивет. Поезд чарăннă вырăнта пассажирсем валли нимĕнле çурт та çук.

Çĕрпÿ хулинче нумайранпа нимĕнле çурт-йĕр те лартмаççĕ. Рабочисемпе служащисем валли пурăнмалли çуртсем çитмеççĕ. Чылай ял Совечĕсем пĕчĕк пÿртсене вырнаçнă. Вĕсенче тăвăр. Нумай колхозсенче лайăх клубсем, колхозниксĕн пухăвĕсене ирттерме юрăхлă çуртсем çук. Çавăнпа та колхозниксен пухăвĕсенче сайра хутра кăна ирттереççĕ.

Егорова юлташ районти учрежденисен аппарачĕсем питĕ пысăк пулнине палăртрĕ. Сăмахран, райисполком председателĕн икĕ заместитель пур, анчах вĕсем мĕн туни, мĕнле ыйтусемпе ĕçлени çинчен калама йывăр, терĕ вăл.

## Облаçри парторганизацин XXVI-мĕш конференцийĕ

# КПСС ЧĂВАШ ОБКОМĔН ОТЧЕТЛĂ ДОКЛАЧĔПЕ РЕВИЗИ КОМИССИЙĔН ОТЧЕТНЕ СӲТСЕ ЯВНИ

## *Хрипушин юлташ сăмахĕнчен*

**Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕн директорĕ**

КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕ йышăннă решенисене пурнăçласа, пирĕн комбинат коллективĕ производство планне тултарас тĕлĕшпе хăшпĕр çитĕнӳсем турĕ. Сентябрĕн 27-мĕшĕ тĕлне пилĕк çуллăх плана тултарчĕ, планран ирттерсе 32 миллион тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ. Пилĕкçуллăхра продукци туса кăларасси икĕ хут ӳсрĕ. 1955 çулта ĕç тухăçлăхне ӳстермелли тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли плана ăнăçлă тултарнă. Иртнĕ çулхи вуннпĕр уйăхра продукци сутса 7 миллион тенкĕлĕх таса тупăш тунă.

Производствăра малта пыракансем паха тĕслĕхсем кăтартрĕç. Юлашкй çул 597 рабочи çулталăк çурăри ĕç нормине, 420 рабочи ик-виçĕ çулхи нормăна тултарчĕç. Варшавăри Наукăпа культура дворецĕ валли лайăх изделисем туса панăшăн комбината тата производствăра малта пыракан 6 рабочие Польша Халăх Республики Хисеплĕ грамотăсем парса наградăларĕ. Комбинат коллективĕ Монголи Халăх Республикинчи стройкăсен заказĕсене чыслăн пурнăçларĕ.

Анчах комбинат ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Эпир продукци туса кăларассине пĕр тикĕс туса пыраймастпăр, пĕтĕм продукцин 50 процентне ялан тенĕ пекех уйăхăн виççĕмĕш вунăкунлăхĕнче туса кăларатпăр.

Комбинат япăх ĕçлени ăна материалсем çителĕклĕ парса тăманнипчен те килет. 1955 çулта ăна 107 пин кубометр вырăнне 84 пин кубометр çеç йывăç тăратнă. «Чăвашвăрман» тресчĕ кăна пире 4.300 кубометр йывăç парса çитереймерĕ.

Эпир çапла шутлатпăр: «Чăвашвăрман» тресчĕн управляющийĕ Игнатьев юлташ тата Главлесосбыт управленийĕн управляющийĕ Долбилов юлташ комбината чĕр-тавар тăратас тĕлĕшпе тĕрĕс мар ĕçлеççĕ. Республикăра хатĕрлекен мĕнпур йывăçран комбината 6 процент çеç уйăрса параççĕ. «Чăвашвăрман» тресчĕн руководителĕсем каланă тăрăх, пире йывăç ытларах уйăрса цама май çук имĕш, çав вăхăтрах вĕсем треста пăхăнса тăракан йывăç япаласем тăвакан предприятисене пысăклатаççĕ тата йывăç республика тулашне те сахал мар ăсатаççĕ. Çавăн пирки Çĕмĕрлери комбинат йывăç хĕвеланăç Çĕпĕртен, Краснодар крайĕнчен, Хабаровскран илсе тăрать. Çав вăхăтрах «Чăвашвăрман» тресчĕ Краснодар крайне чылай йывăç ăсатать. Комбината чĕртавар тăратас ĕçе çакăн пек «планланипе» государствăн укçи-тенки усăсăр нумай тăккаланать.

Комбинатăн вырăнти чĕртаварпа усă курмалла. Эпир йывăç ытти облаçсемпе республикăсенчен кӳрсе килетпĕр. Парти обкомĕн çак ыйтупа интересленмелле тата ăна тĕрĕс татса памалла.

Пирĕн республикăра КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕ предприятисене специализацилес тата кооперацилес тĕлĕшпе кăтартса панине çителĕксĕр пурнăçласа пыраççĕ. Çак ĕçре формализм нумай. Сăмахран, пирĕн комбинат хăшпĕр детальсене Амур çинчи Комсомольскран кӳрсе килет, пирĕн комбинатра туса кăларакан детальсене Инçетри Хĕвелтухăçне ăсатма тивет.

Комбинат коллективĕ çитменлĕхсене хирĕç кĕрешет, вăл КПСС XX-мĕш съездне ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илме хатĕр. Комбината чĕртавар тăратассине лайăхлатмалла. Эпир парти обкомĕне Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ пире ку тĕлĕшпе пулăшасса кĕтетпĕр.

## *Трофимов юлташ сăмахĕнчен*

**КПСС Вăрнар райкомĕн секретарĕ**

КПСС Центральнăй Комитечĕн январьти тата июльти Пленумĕсен решенийĕсене пурнăçласа, районти чылай колхозсем 1955 çулта тĕштырă туса илессине ӳстерчĕç. 19 колхозран 15-шĕ тĕштырă туса илмелли плана тултарнă тата ирттерсе тултарнă. Çапла, тĕслĕхрен, Сталин ячĕпе тăракан колхоз кашни гектартан 18,46 центнер, «Победа» тата Киров ячĕпе тăракан колхозсем—14,5 центнер тĕштырă туса илнĕ. Сталин ячĕпе тăракан, «Победа», Ленин ячĕпе тăракан тата ытти колхозсенчи хăшпĕр уй-хир бригадисем пысăк лаптăк çинче кашни гектартан 30 центнер е унтан та ытларах тĕштырă туса илнĕ.

Районти колхозсем кукурузăна тивĕçлипе хаклаççĕ. Вĕсем, Сталин ячĕпе тăракан колхозри пекех, çĕртме уйĕнче кукуруза, викăпа сĕлĕ хутăшĕ тата ытти культурăсем ытларах туса илме пуçларĕç.

1954 тата 1955 çулсенче ялхуçалăх артелĕсем обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур енĕпе те тултарнă, кунпа пĕрлех выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне кăштах ӳстернĕ. 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне район государствăна аш-какай памалли тата сутмалли плана тултарнă.

Иртнĕ çулта кашни 100 гектар çĕр пуçне выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем çакăн чухлĕ туса илнĕ: аш-какай 16,5 центнер, сысна ашĕ 9,14 центнер тата сĕт 86 центнер. Районти колхозсем государствăна мĕнпур ялхуçалăх культурисем памалли тата сутмалли плана срокчен тултарнă.

Районти промышленность предприятийĕсемпе промысла артелĕсем 1955 çулта продукци туса кăлармалли плана 101 процент тултарнă.

Анчах районти колхозсен тата промышленность предприятийĕсен, çавăн пекех культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур. Эпир тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстермелли хамăрăн резервсемпе çителĕксĕр усă куратпăр. КПСС райкомĕпе пуçламăш парторганизацисен организаторла ĕçĕ çителĕксĕр. Парти обкомĕ райкомсене инструктаж парасси çине тивĕçлипе пăхмасть. Обком инструкторĕсем, организаторла ĕçсем тăвас вырăнне, тĕрлĕ справкăсем хатĕрлес тата жалобăсем тĕрĕслес енĕпе ытларах ĕçлеççĕ.

Малалла Трофимов юлташ республикăри министерствăсемпе ведомствăсем район центрĕсене илемлетсе лайăхлатас, промышленноçа аталантарас тĕлĕшпе районсене çителĕксĕр пулăшни çинчен калать. Вăрнарта иккĕмĕш çул ĕнтĕ кирпĕч завочĕ тăваççĕ, анчах ăна хăçан туса пĕтересси паллă мар. Вырăнти промышленность министрĕ Бобров юлташ строительство площадкинче пачах пулман, тĕрĕссипе илсен, вăл завод строительствине ертсе пымасть.

Вăрнарта 16 пĕчĕк электростанци пур, анчах поселокра çутă çук.

Вăрнар МТС-ĕ — республикăри малта пыракан машина-трактор станцийĕсенчен пĕри. МТС трактор ĕçĕсем тумалли плана çулленех ирттерсе тултарать, вăл—Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкин участникĕ. Апла пулин те МТС-ра халиччене лайăх мастерской, йĕркеллĕ гаражсем çук.

Вăрнарти заводра строительство ĕçĕсем ытла та вăраххăн пыраççĕ.

## *Иванов юлташ сăмахĕнчен*

**КПСС Етĕрне райкомĕн секретарĕ**

Партипе правительство промышленноçпа ялхуçалăхне вăйлатас тĕлĕшпе йышăннă решенисене пурнăçласа, Етĕрне районĕнчи парторганизаци хăшпĕр çитĕнӳсем турĕ. Предприятисем 1955 çулта продукци туса кăлармалли плана тултарчĕç. Анчах промышленность предприятийĕсенче çитменлĕхсем нумай-ха: ĕçсене механизацилесси кирлĕ пек пулса пымасть, продукцин хăйне ларакан хакĕ пысăк.

Парти обкомĕ, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ тата хăшпĕр министерствăсем пирĕн районти предприятисене çителĕксĕр пулăшаççĕ. Апат-çимĕç таварĕсем тăвакан промышленность министерстви (министрĕ Калинкина юлташ) тĕплĕн шухăшламасăрах, Етĕрнери çупа олиф заводне—«ЯМОЗ»-а пĕтерме йышăннă. Çавăн пек решени тĕрĕс маррине кăтартса парсан, вĕсем урăхла тума—завода Çĕмĕрлене куçарма йышăннă. Калинкина юлташ завода çĕнĕ техникăпа пуянлатма, завод мĕнле ĕçленине, вăл мĕншĕн убытка панине тĕпĕ-йĕрĕпе пĕлме тăрăшман, кайран вара завод убытка пани вăл чугун çултан инçетре пулнинчен килет тенĕ. Обкомăн ку ыйтăва лайăхрах тĕпчесе пĕлсе тĕрĕс татса парас пулать. «ЯМОЗ»—районти халăх хуçалăхĕшĕн кирлĕ предприяти.

Малалла Иванов юлташ министерствăна Етĕрнере консерв завочĕ лартасси çинчен йышăннă решение пурнăçламаншăн, механически арманăн производствăлла хăвачĕне туллин усă курма тăрăшманшăн критиклет. Парти обкомĕпе Министрсен Совечĕн Калинкина юлташа хăйĕн йăнăшĕсене тӳрлетме, хăйне шанса панă ĕçе ертсе пырассине лайăхлатма хушас пулать, тет Иванов юлташ.

Вырăнти промышленность министерстви продукци туса кăлармалли плана тĕрĕс тумасть. 1956 çулта районта ача-пăча валли кирлĕ япаласем 200 пин тенкĕлĕх туса хатĕрлемелле тесе палăртса панă. Çав вăхăтрах промкомбинатăн столярнăй цехне хупнă. Министерство кирпĕч тăвас ĕçе механизацилеме тăрăшмасть. Çак ĕçе лайăх йĕркелесен Етĕрне районĕнче сывăхри районсем валли те кирпĕч туса хатĕрлеме пулĕччĕ.

Капитальнăй строительство валли республикăна паракан укçа-тенкĕрен вуншар миллион тенкĕ усă курмасăр юлни вăл ку енĕпе ĕçсем питĕ начар тăнине кăтартса парать, тет Иванов юлташ. Промышленность ĕçĕсене ертсе пыракансен—обком секретарĕн Никитин юлташăн, министрсен Совечĕн председателĕн заместителĕн Полукаров юлташăн çакăнтан тивĕçлĕ вывод тумалла, республика промышленноçне аталантарас ĕçе лайăхлатма тăрăшмалла.

Ялхуçалăх енĕпе те Етĕрне районĕ хăшпĕр çитĕнӳсем турĕ. 1955 çулта тырă 1954 çулхинчен нумайрах туса илнĕ, выльăх-чĕрлĕх продукцийĕн хисепĕ, усă куракан çĕрĕн кашни 100 гектар пуçне мĕн чухлĕ тивнине шута илсен, чылай ӳснĕ. Анчах районти колхозсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре чылай кая юлнă-ха, вĕсем 1956 çулта çак ĕçе лайăхлатма тивĕçлĕ.

Республикăра ялхуçалăхне вăйлатма пулăшакан нумай майсемпе усă курмаççĕ. Ялхуçалăх министерстви машина-трактор станцийĕсене начар ертсе пырать, хутсем нумай çырать, сводкăсем пухать, анчах унăн работникĕсем вырăнсенче пулса ĕçе йĕркелеме сахал пулăшаççĕ. Обкомăн ялхуçалăх пайĕ начар ĕçлет. Çак пайăн заведующийĕ Шорников юлташ парти райкомĕсен секретарĕсен шухăшĕсене ыйтса пĕлме тăрăшмасть, вĕсемпе канашламасть. Парти обкомĕпе унăн секретарĕсен ялхуçалăх ыйтăвĕсемпе конкретлăрах ĕçлес пулать.

Иванов юлташ обкомăн парти органĕсен пайĕн заведующийĕн заместительне Зайцев юлташа критиклерĕ. Иванов юлташ çакăн пек тĕслĕх илсе кăтартрĕ: Зайцев юлташ республика прокурорĕн заместителĕ Громов юлташпа пĕрле Етĕрне районне жалоба тĕрĕслеме пынă, анчах çак вăхăтра вĕсем колхозниксемпе калаçусем ирттермен.

## *Сомов юлташ сăмахĕнчен*

**Чăваш АССР Финанс министрĕ**

Финанс министерстви тата унăн вырăнти органĕсем бюджета хăшпĕр енĕпе тултараймарĕç. Финанс министерстви, Коммунальнăй тата Культура министерствисем, «Чăвашстрой» тресчĕ лайăхрах ĕçленĕ пулсан, бюджета тупăшсем енĕпе тултарассишĕн ытларах тăрăшнă пулсан, республика халăх хуçалăхĕ валли тата социальнă-культурăлла ĕçсем валли татах 5 миллион тенкĕ ытла расходлама май килнĕ пулĕччĕ.

Малалла Сомов юлташ хăшпĕр машина-трактор станцийĕсен директорĕсене тата Ялхуçалăх министерствине вĕсем бюджет умĕнчи обязательствăсене пурнăçлассишĕн тăрăшманшăн критиклет. Çакăн сăлтавĕ—колхозсемпе тунă договорсене пурнăçлассишĕн тивĕçлипе кĕрешменнинче.

Республикăри финанспа бюджет ĕçĕнче уйрăмах заем укçи пухасси юлса пырать. Çавна пула республика бюджетне 2 миллион тенкĕ укçа пырса кĕмен. Сомов юлташ парторганизацисен финанс ĕçĕ çине ытларах çаврăнса пăхма кирли çинчен калать. Пур çĕрте те коммунистсен, колхоз активĕн заем укçине срокчен тӳлесе татас тĕлĕшпе хăйсен лайăх тĕслĕх кăтартмалла. Сомов юлташ заем укçи пухас ĕçе партин Первомайски райкомĕн секретарĕ Кураков юлташ хакламанни çинчен калакан фактсем илсе кăтартать.

Хăйĕн сăмахĕн вĕçĕнче Сомов юлташ парти обкомĕне республикăри Министрсен Совечĕн ĕçĕ пирки чарăнса тăчĕ. Юлашки çулсенче вĕсем уполномоченнăйсен вăйĕ çине ытларах шанса ĕçлеме пуçларĕç, вĕсене районсене пур тĕрлĕ ĕç пирки те яраççĕ, командировка укçине вырăнсăр нумай расходлаççĕ. Çав вăхăтрах нумай чухне уполномоченнăйсем нимĕнле усă та кӳмеççĕ. Вырăнти аппарата республикăри учрежденисенче ĕçлекенсен шучĕне çирĕплетмелле. Сомов юлташ çакна палăртрĕ: Чăваш АССР Госпланĕ юлашки вунă çул хушшинче районсенчи план комиссийĕсене çирĕплетме пĕр çына та яман. Вăл çапла шутлать: парти обкомĕпе Министрсен Совечĕн районсене вырăнти ĕçне тĕплĕн пăлланма пултаракан, КПСС райкомĕсемпе тата райисполкомсемпе пĕрле ĕçе лайăхлатма мерăсем йышăнма пултаракан авторитетлă работниксен ушкăнĕсене ямалла.

## *Ерлаков юлташ сăмахĕнчен*

**Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕ**

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пире яланах пулăшса пыраççĕ.

Республикăн пысăк резервсемпе майсем пур, анчах эпир вĕсемпе сахал усă куратпăр, çавна пула экономикăпа культура аталанăвĕ чылай енĕпе юлса пырать. Кашни çын пуçне мĕн чухлĕ продукци туса кăларнине илсен, пирĕн промышленность çителĕксĕр аталаннă. Союзри тата союзлă республикăри органсене пăхăнса тăракан предприятисем туса лартнисăр пуçне, хамăр республикăри органсене пăхăнса тăракан промышленноçа хăюллăн аталантарса пымалла,—çак промышленçăн предприятисене вырăнти промышленность тата апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствисен, строительство материалĕсен тата топливо промышленноçĕн управленийĕсен, аш-какай тресчĕн, «Маслопром» тресчĕн, Чăвашпромсоветăн тата Чăвашпотребсоюзăн лартмалла. Промышленность предприятийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене—çĕнĕ техникăна ĕçе кĕртесси тата механизаци кая юлнине, производство сурчĕсемпе çителĕксĕр усă курнине пĕтермелле. Çĕнĕ предприятисене типовой проектсем тăрăх, продукци пахалăхне ӳстермеллине асра тытса, лартас пулать.

Республикăра ялхуçалăхĕ çаплах кая юлса пырать-ха. Ялхуçалăх продукцийĕ нумайрах туса илес ĕçри тĕп ыйтусене татса парасси çителĕксĕр пурнăçланса пырать.

1955 çулта тырпул тухăçлăхĕ тата пĕтĕмпе тĕштырă пухса кĕртни кăштах ӳснĕ, анчах çавна ытлашши пысăка хурса хаклани тĕрĕс пулмасть, тесе калать Ерлаков юлташ. Республикăри колхозсем иртнĕ çулта çĕрĕç культурине çителĕклĕ ӳстерсеймерĕç. Пирĕн республикăра акмалли çĕр лаптăкĕ пысăк мар. Çавна май пирĕн уйри тырпул тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе уйрăмах тăрăшмалла. Республикăри кашни колхоз, техникăпа тата чĕрĕ туртăм вăйĕпе усă курса, çĕр ĕçне лайăх тума, çанталăк кирек мĕнле тăрсан та кашни гектартан 18—20 центнер тĕштырă туса илме пултарать. Çак задачăна пурнăçлама колхозсенче ĕç вăйĕ çителĕклĕ. Уйри тăпрана удобренисемпе, чи малтан тислĕкпе çемĕçтересси—пысăк ĕç. Çак ĕçе Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра пысăк вырăна хураççĕ,—ку колхоз яланах пысăк тухăçлă тырпул туса илни чи малтан çĕре удобренисемпе лайăх çемĕçтернинчен килет. Сталин ячĕпе тăракан колхоз уя Кувакино районĕнчи мĕнпур колхозсем кăларнинчен нумайрах тислĕк кăларать! Удобренисене хакламанни пулмалла мар. Хĕллехи вăхăтра тислĕк нумайрах хатĕрлесе уя кăлармалла.

Пирĕн республикăра акмалли çĕр лаптăкĕ пысăках мар, терĕмĕр. Çĕрпе лайăхрах усă курас пулать. Çĕрĕн кашни пусăмне шута илмелле, унпа лайăх усă курмалла. Çакна май çĕртме пуссинче ялхуçалăх культурисем акса ӳстересси питĕ пысăк ĕç пулать. Çĕртме пусси вăл, Хрущев юлташ сăмахĕсемпе каласан, сухаламан çерем пекех. Çапах та республикăра çĕртме пуссисем 70 процент таран ахаль выртаççĕ. Çĕртме пуссисемпе хăюллăнрах усă курмалла. Унта «Торсдаг» пăрса, симĕсле çулса выльăхсене çитерме ыраш, курăксем, кукуруза акмалла, çĕрулми лартмалла. Техникăлла культурăсем ытларах акса, вĕсен тухăçлăхне ӳстермелле.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре те тумалли ĕçсем питĕ нумай-ха. Ерлаков юлташ илсе кăтартнă цифрăсенчен çакă курăнать: пирĕн республика 1955—1956 хуçалăх çулĕнчи виçĕ уйăхра сăвакан кашни ĕнерен сĕт суса илес тĕлĕшпе хамăрпа ăмăртакан Мордва АССР-ĕнчен, çавăн пекех кӳршĕри Арзамас тата Горький облаçĕсенчен кая юлнă. Çавна кура тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕ чакнине, ытти çитменлĕхсене те шута илсе, облаçри парторганизацин выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатассишĕн çине тăрса ĕçлемелле. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетессине лайăхлатма васкавлă ĕçсем тăвас пулать.

Ерлаков юлташ çакна йышăнать: хуçалăхпа культура строительствинчи çитменлĕхсем нумайăшĕ республикăн Министрсен Совечĕ çителĕксĕр ĕçленинчен килнĕ, унăн ĕçĕнчи çитменлĕхсене докладчик тата пренире тухса каланă юлташсем тĕрĕс критиклерĕç. Министрсен Совечĕ хăйĕн ĕçне çĕнĕлле йĕркелесси вăраххăн пулса пырать. Республикăри организацисенче хут çырнипех ĕç пулассине ытлашши шанса тăнине, бюрократизмпа волокитăна пĕтерсе çитермен-ха. Министрсемпе управленисен начальникĕсем нумайăшĕ хăйсен пысăклатнă прависемпе çителĕксĕр усă кураççĕ, Министрсен Совечĕнче пăхса тухма ыйтусем лартнă чухне ответлăха хăйсем çинчен сирме пăхаççĕ. Мĕнпур работниксем—пысăк тата пĕчĕк вырăнтисем те—хăйсене хушнă ĕçшĕн ответлăха туйса ĕçлени совет аппарачĕн ĕçне лайăхлатмалли тĕп условисем пулса тăрать. Совет аппарачĕн ĕçĕнче тĕп вырăнта тăраканни решенисем нумай йышăнасси мар, партипе правительство йышăннă решенисене пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслесси, çав решенисене пурнăçлас тĕлĕшпе организаторла ĕç туса пырасси пулмалла.

Юлашкинчен Ерлаков юлташ çапла шанса калать: парти организацийĕ ертсе пынипе Чăваш республики Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви кăларса тăратнă задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пырĕ.

## *Ямпольский юлташ сăмахĕнчен*

**Канаш хула Совечĕн исполком председателĕ**

Пирĕн хулари промышленноçра ĕçлекенсем, КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕн решенийĕсене сӳтсе явнă чухне палăртнă организацилле-техникăлла мероприятисене пурнăçлассишĕн ăмăртса ĕçлесе, хăшпĕр ӳсĕмсем турĕç. Республикăна пăхăнса тăракан предприятисем 1955 çулта валовой продукци туса кăлармалли плана 102,4 процент, кооператив промышленноçĕн предприятийĕсем 130 процент, вырăнти промышленность предприятийĕсем 107,3 процент тултарчĕç. Хулари промышленность, пĕтĕмĕшпе илсен, иртнĕ çулхи задание 108,7 процент тултарчĕ, планран ирттерсе 13 миллион та 583 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларчĕ.

Чугун çул работникĕсем те хăйсен ĕçне лайăхлатрĕç.

Анчах промышленность предприятийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха.

Ман шутпа, парти обкомĕпе республикăри Министрсен Совечĕ промышленноçа ертсе пырассине КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕн требованийĕсем хушнă пек урăхлатса çĕнетеймерĕç, вĕсем халĕ те ĕлĕкхи пекех ĕçлеççĕ. Обкомăн промышленноçпа транспорт пайĕн работникĕсем ытларах кабинетсенче ларма юратаççĕ, решенисен проекчĕсене хатĕрлеççĕ, çĕнĕ техникăпа усă курасси, производствăна организацилесси чăннипе мĕнле пулса пыни çинчен кирлĕ пек пĕлмеççĕ. Вĕсем юлса пыракан предприятисене çителĕклĕ таран пулăшу памаççĕ.

Пĕр вăхăтра Канаш хулинчи апат-çимĕç комбиначне реконструкцилесси çинчен решени йышăннăччĕ. Пур цехсене те иртнĕ çултах ĕçе яма палăртнăччĕ. 1956 çулхи январь уйăхĕ те çитрĕ, халĕ те предприятие реконструкцилесе пĕтермен, предприяти хăçан ĕçе кĕресси паллă мар. Çĕнĕ оборудовани ахаль выртать, анчах çакă Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министрне Калинкина юлташа тата КПСС обкомĕн промышленноçпа транспорт пайĕн заведующине Шерстюк юлташа пăшăрхантармасть пулмалла.

Иккĕмĕш тĕслĕх. Эсир пурте Канашри моторсем юсакан завод çинчен пĕлетĕр. Çак предприяти юлашки вăхăтра çĕнĕ оборудованипе пуянланчĕ. Анчах çав оборудованипе япăх усă кураççĕ-ха. Иртнĕ çулта завод моторсем юсамалли плана пĕтĕмпе те 58 процент кăна тултарчĕ. Çакăн çинчен Ялхуçалăх министрĕ Мартынов юлташ лайăх пĕлет. Анчах вăл завод ĕçне лайăхлатас тесе нимĕн те тумасть.

Парти обкомĕн çак заводăн ĕçĕсемпе интересленмелле, ăна лайăх ĕçлекен предприяти тумалла.

Виççĕмĕш тĕслĕх. 1950 çултанпа Канашри вагонсем юсакан завод çителĕксĕр ĕçлет. Çакăн çинчен пурте калаçаççĕ, анчах ĕç калаçуран мала каймасть. КПСС Центральнăй Комитечĕн июльти Пленумĕ хыççăн КПСС обкомĕ заводра вагонсене каллех поток меслечĕпе юсама тытăнасси çинчен решени йышăнчĕ. Ĕç пурнĕрех улшăнмарĕ. Вăл çеç те мар, завод юлашки вăхăтра татах та япăхрах ĕçлеме пуçларĕ. 1955 çулхи тăваттăмĕш кварталта вăл планпа пăхнинчен 146 вагон сахалтарах юсаса кăларчĕ.

Мĕншĕн çакăн пек пулчĕ-ха? Çакă вăл обком бюровĕ постановлени йышăнни хыççăн çав постановлени мĕнле пурнăçа кĕрсе пынипе Шерстюк юлташ интересленменнинчен килчĕ. Çак ыйтупа КПСС обкомĕн секретарĕ Никитин юлташ та интересленмен.

Вагонсем юсакан завод—çĕршыври пысăк предприятисенчен пĕри. Парти обкомĕн çак заводăн ĕçне лайăхлатас тесе, ăна çĕршывра малта пыракан предприяти тăвас тесе куллен тăрăшмалла.

Ку конференцире çакна та палăртмалла: СССР Çул-йĕр министрĕ Бещев юлташ Канашри вагонсем юсакан завод ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе парти обкомĕ паракан сĕнӳсене шута илмест. КПСС обкомĕн союзлă министерствăсем енчен предприятисене ертсе пымалли стиле урăхлатасси çинчен сӳлти организацисем умне ыйтусене çивĕчрех лартмалла.

## *Хромов юлташ сăмахĕнчен*

**КПСС Куславкка райкомĕн секретарĕ**

Ислюков юлташăн докладĕнче каланă тăрăх, Куславкка районĕ республикăри кая юлнă районсен шутĕнче тăрать. Район кая юлни парти райкомĕпе райисполком çителĕксĕр ĕçленинчен нумай килет, вĕсем районти ĕçсене лайăхлатма мĕнпур майсемпе усă курас тĕлĕшпе çителĕклĕ ĕçлемен. Анчах район кая юлса пыни çавăнтан çеç килет тесе шутлама май çук. Малта пыракан колхозсен çитĕнĕвĕсем çинчен нумай калаçса, парти обкомĕпе Министрсен Совечĕ хăшпĕр районсем юлса пынине асăрхаман, вĕсене вăхăтра тивĕçлĕ пулăшу паман.

Çав шухăш тĕрĕс пулнине кăтартса пама Хромов юлташ чылай фактсем илсе кăтартать. Куславкка районĕнчи колхозсенче ĕç вăйĕ, ытти районсенчи колхозсемпе танлаштарсан, сахалтарах. Çав вăхăтра Куславкка машина-трактор станцийĕ техника тĕлĕшĕнчен, республикăри ытти МТС-семпе танлаштарсан, чухăнрах. Кун çинчен пленумсемпе канашлусенче темиçе хутчен те ыйту лартнă, анчах нимĕнле результат та çук. Районти МТС валли мастерской та тумаççĕ.

Чул тата известь кăларса хатĕрлекен предприятин кирлĕ оборудовани çукки çинчен темиçе çул хушши калаçатпăр. Çапах та предприятие пулăшмаççĕ, вăл халĕ те çаплах авалхи майсемпе чул кăларать.

«Сельэлектрон» Куславкка районĕнчи уйрăмне пĕтерес ыйтăва та татса паман, çак уйрăма пĕтермен пирки накладной расходсем нумай тухаççĕ, электроэнерги хакла ларать. Çав организаци кирлĕ мар тесе райкомпа райисполком темиçе хутчен те решени йышăннă. Анчах ĕç халĕ те вырăнтан тапранмасть.

Тахçанах Куславккара кинотеатр тумалла. Культура министрĕ Капитонов юлташ кун çинчен лайăх пĕлет, районта пулнă чухне вăл театр тăвăпăр тесе сăмах парать. Анчах Шупашкара таврăнсан, вăл хăйĕн сăмахĕ çинчен манса каять.

Парти обкомĕн çĕнĕ составĕ партипе правительство кăларса тăратнă задачăсене хăвăртрах пурнăçлама тăрăшни, лайăхрах ертсе пыни кирлĕ.

## *Семенов юлташ çăмахĕнчен*

**Октябрьски районĕнчи «Дружба» колхоз председателĕ**

«Дружба» колхоз—районта юлса пыракансенчен пĕри. Иртнĕ çулта вăрçă хыççăнхи вăхăтра пĕрремĕш хут колхоз государствăна тырă тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана тултарчĕ, укçан илнĕ тупăша икĕ хут ӳстерчĕ, вăрлăх фондне хывса хăварчĕ, обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли концентратсем нумай уйăрчĕ, 150 пуç валли типовой проект тăрăх сурăх вити турĕ. Çапах та колхозра, çавăн пекех районта та, ялхуçалăхне аталантарас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Тĕслĕхрен, ĕнесем 1955 çулта районĕпе пурĕ 250 пуç, сыснасем 1.900 пуç каталнă. 1950—1951 çулсемпе танлаштарсан, çĕрулми 3—4 хут сахалтарах пулнă, тĕштырă туса илес ĕçре юлашки икĕ çул хушшинче ӳсĕм çук. Ĕçсем çавăн пек пулни КПСС обкомĕпе республикăри Министрсен Совечĕн руководителĕсене хумхантармалла пулнă пек. Анчах çавăн пек хумхании паян куна та курăнмасть. Колхоз председателĕсем пулма çынсем тупса палăртас ĕç питĕ вăраххăн пырать.

Районта МТС питĕ япăх ĕçлет. Çапла пулин те унăн руководителĕсем ĕçе лайăхлатма кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ. Машина-трактор станцийĕнче культиваторсем, сеялкăсем, вăрлăх тасатмалли машинăсем çитмеççĕ. «Легпромстрой» МТС мастерскойне ытла та ерипен тăвать.

Октябрьски район валли минераллă удобренисем питĕ çителĕксĕр параççĕ. 1949 çултан пуçласа «Дружба» колхоза минераллă удобренисем пĕрре те уйăрса паман. Вĕсем пире питĕ кирлĕ. Пуринчен ытларах хăмла валли кирлĕ.

Районти колхозсен электроэнерги çук. Колхозсен пĕр пайне Шупашкар хулинчи станцирен электричество парса тăмалла тусан лайăх пулмалла.

Сыхăну ĕçне те районта лайăхлатмалла, анчах республикăри сыхăну Управленийĕн начальникĕ Дмитриев юлташ пирĕн районти сыхăну ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе нимĕн те тумасть.

Çапла вывод тухса тăрать:—КПСС обкомĕпе республикăри Министрсен Совечĕн юлса пыракан пирĕн район çине çаврăнса пăхма вăхăт мар-ши? Обком секретарĕсем, Министрсен Совечĕн председателĕпе унăн заместителĕсем пирĕн районта час-часах пулса ялхуçалăхĕ кая юлнине пĕтерес ĕçре конкретлă тата практикăлла пулăшу парсан лайăхрах пулнă пулĕччĕ.

## *Кремчуков юлташ сăмахĕнчен*

**Пăрачкав районĕнчи Суворов ячĕпе тăракан колхоз председателĕ**

Пирĕн колхоза 5 пин гектар çĕр çирĕплетсе панă. Вăл шутран 2,5 пин гектара яхăн сухалакан çĕр, 1.100 гектар таран улăх-çаран, 900 гектара яхăн кĕтӳ çӳретмелли вырăнсем. Хамăрăн вăрман та пур. Апла пулин те колхоз тĕштырă, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем питĕ сахал туса илет. Çакăн тĕп сăлтавĕ акă мĕнре пулнă: хуçалăхра вырăнти удобренисем нумай пулин те, вĕсене уй-хире кăларман, минераллă удобренисем кӳрсе килмен.

Уй-хирти ĕçсене вăхăтра туса ирттерменни, тырпул акассине тата пухса кĕртессине вăраха тăсни колхоза пысăк сиен кӳрет. МТС-ра кирлĕ чухлĕ сортировкăсем, силосорезкăсем, дисклă сеялкăсем çук, тракторсемпе комбайнсем валли запаслă пайсем çитмеççĕ. Çакна пула МТС техники хĕрӳ ĕçсен вăхăтĕнче ванса е юрăхсăра тухса ĕçлемесĕр ларать. Снабжени организацийĕсем, çавăн пекех республикăри Ялхуçалăх министерстви те, МТС-сене тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисем валли запаслă пайсемпе детальсем парса тăрассишĕн тивĕçлипе тăрăшмаççĕ.

Пирĕн колхоз хирĕсенче сумкурăксем нумай ӳсеççĕ, анчах артелĕн пĕртен-пĕр кивĕ лущильник çеç. Министрсен Совечĕн колхозсене сумкурăкĕсене пĕтерме кирлĕ механизмсем тупса илме пулăшмалла, МТС-сене колхозсенче хăмăла сухалассине йĕркелеме хушмалла.

Районти колхозсенче çуракине хатĕрленес ĕç вăраххăн пулса пырать. Нумай ялхуçалăх артелĕсем КПСС XX-мĕш съезчĕ ячĕпе йышăннă социализмла обязательствăсене пурнăçламаççĕ. Вăрлăх сортласа тасатма тытăнманпа пĕрех. МТС-ăн «ОС-3» маркăллă икĕ сортировка пур, вĕсем те, час-часах ваннă пирки, йĕркеллĕ ĕçлемеççĕ.

Пирĕн колхозра выльăх-чĕрлĕх валли шыв çителĕксĕр. Выльăхсене шăнарма витессене шыв парса тăрассине организацилемен. Эпир 100 ĕне, 100 сысна валли çĕнĕ витесем, шыв усласа хăпартмалли башня, водопровод тума палăртрăмăр. Колхозра çулленех 100 пин кирпĕч çапса хатĕрлеме тытăнатпăр.

Унтан Кремчуков юлташ республикăри Ялхуçалăх министерстви вăтăр пин шучĕпе кайнă колхоз председателĕсене сахал пулăшни çинчен калать.

Колхозсем, хăйсен автомашинисем пур пулин те, тет вăл малалла, вĕсемпе çителĕклĕ таран усă кураймаççĕ. Запаслă пайсем çук пирки автомашинăсем часчасах ахаль лараççĕ. Колхозсене автотранспорт валли горючи парса тăрассине начар йĕркеленĕ. Наряд тăрăх илекен бензин пирĕн колхоз нушисене çырлахтараймасть. Çитменнине тата бензин патне хĕллехи вăхăтра 100 километр таран таврă çулпа çӳретпĕр. Таврари районсенчи колхозсене пулăшса тăма çавăн пек база Çĕмĕрле хулинчех тусан аван пулĕччĕ.



Венгри Халăх Республикинче. Будапештри машинăсем тăвакан «Ланг» завод локомобильсем, турбинăсем тата промышленность валли ытти оборудовани туса кăларассине тăтăшах ӳстерсе пырать.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Польша Халăх Республики панă заказ тăрăх тунă турбинăна пухаççĕ.

Венгри телеграф агентствин фотоӳкерчĕкĕ.
(ТАСС фотохроники).

## Совет Союзĕпе Чехословаки Наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе çыхăнса ĕçлеме тунă комиссин саккăрмĕш сессийĕ çинчен

## ПĔЛТЕРНИ

Çак кунсенче Прагăра Совет Союзĕпе Чехословаки наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе çыхăнса ĕçлеме тунă комиссин саккăрмĕш сессийĕ хăйĕн ĕçне туса пĕтерне.

Сессире икĕ çĕршывăн халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсенчи наукăпа техника тĕлĕшĕнчи çитĕнĕвĕсемпе паллашас ыйтусене, çавăн пекех наукăпа техника тĕлĕшĕнчен пĕр-пĕринпе çыхăнса ĕçлессине малалла вăйлатас ыйтусене пăхса тухнă.

Хăй илнĕ обязательствăсем тăрăх 1956 çулта Совет Союзĕ Чехословаки Республикине çĕр кăмрăк шахтисенчи йывăр ĕçсене механизацилемелли проектсемпе техникăлла документсем, сăрт-ту, металлурги, энергетика промышленноçĕнче тата çулйĕр тунă çĕрте усă куракан хăшпĕр оборудовани туса хатĕрлемелли чертежсемпе документсем, вут-çулăма парăнман материалсем, бурсем, борнăй кислота тата медицина препарачĕсем туса кăларас ĕçĕн технологи процесĕсем çинчен ăнлантарса паракан документсем парать.

Совет Союзĕ Чехословаки специалисчĕсене металлургипе хими промышленноçĕнчи, турбинăсем тăвас ĕçри, электротехника промышленноçĕнчи, подшипниксем туса кăларас, çĕр айĕнчи пуянлăхсене шыраса тупас ĕçри наукăпа техника тĕлĕшĕнчи çитĕнӳсемпе тата производствăри опытпа паллашма май парать, техника тĕлĕшĕнчен пулăшу пама хăйĕн специалисчĕсене Чехословаки республикине командировкăна ярать.

Чехословаки Республики Совет Союзне машинăсем тăвакан промышленность, электротехника, хут, пир-авăр промышленноçĕ, çăмăл промышленность валли тата промышленноçăн ытти хăшпĕр отраслĕсем валли хăшпĕр йышши оборудовани туса хатĕрлес ĕçĕн документацине парать. Çав шутра грузсем çĕклемелли крансен, дизеллĕ двигательсен тата пир-авăр тĕртмелли станоксен чи çĕнĕ конструкцийĕсен документацине парать. Совет специалисчĕсем Чехословакире халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсен çитĕнĕвĕсемпе, çав шутра метала тĕп-тĕрĕс шăратса ярас ĕçĕн технологийĕпе, пресс оборудованийĕ тата редукторсем туса кăларас ĕçпе паллашаççĕ.

Совет Союзĕпе Чехословаки Республикинчи наукăлла тĕпчев учрежденийĕсем пĕр-пĕринпе тӳррĕнех çыхăну тытмалла тăвас шутпа наукăлла тĕпчев ĕççĕсемпе паллашмашкăн наука работникĕсене пĕр-пĕрин çĕршывĕсене командировкăна ярасси çинчен, туса çитернĕ наукăлла тĕпчев ĕçĕсен результачĕсем çинчен пĕр-пĕрне информацисем парасси, çавăн пекех наукăпа техникăн чи кирлĕ ыйтăвĕсем тăрăх пĕрлехи канашлусемпе конференцисем ирттересси çинчен решени йышăннă.

Комиссин Совет пайĕн членĕсем Чехословакире пулнă вăхăтра çак çĕршывăн чылай промышленность предприятийĕсемпе тата наукăлла тĕпчев учрежденийĕсемпе паллашнă.

## Совет специалисчĕсене США-на пыма ирĕк паман

Нумаях пулмасть США-ри наукăсен национальнăй академийĕн шоссе çулĕсене тĕпчесе пĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен совечĕ шоссе çулĕсем тĕлĕшпе ĕçлекен совет специалисчĕсене çав советăн çулсерен пухăнакан 35-мĕш съезчĕн ĕçне хутшăнма чĕннĕ. Съезд январĕн 17-мĕшĕнчен пуçласа 20-мĕшне çитиччен Вашингтонра пулса иртмелле.

Халĕ пĕлтернĕ тăрăх, США государство департаменчĕн представителĕ, мĕншĕнне пачах ăнлантарса памасăр, çапла каланă: государство департаменчĕ маларах асăннă советăн 35-мĕш съезчĕн ĕçне хутшăнма, çавăн пекех Америкăри автомобиль çулĕсене мĕнле тунипе тата вĕсемпе мĕнле усă курнипе паллашма совет специалисчĕсем США-на килни вăл кăмăла каякан ĕç пулмасть тесе шутлать, тенĕ.

Çапла ĕнтĕ, США официальнăй влаçĕсем çавнашкал позици йышăннине пула, Совет Союзĕн шоссе çулĕсем тĕлĕшпе ĕçлекен специалисчĕсем маларах асăннă съезд ĕçне хутшăнма пултараймаççĕ.

(ТАСС).

## *Демократиллĕ Вьетнам Республикин 1956 çул валли тунă государство планĕ*

ПЕКИН, январĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви Ханойран пĕлтернĕ тăрăх, Демократиллĕ Вьетнам Республикин государство план бюровĕн председателĕн заместителĕ Нгуен Ван Тран çак агентство корреспонденчĕпе калаçнă чухне çапла пĕлтернĕ: Демократиллĕ Вьетнам Республикин 1956 çул валли туса хатĕрленĕ государство планĕнче çĕршыв экономикине 1939 çулхи шая çитиччен вăйлатма палăртнă.

Государство халăх хуçалăхне 1956 çулта хывакан укçа-тенкĕн 38 проценчĕ промышленноçа каять, 20 проценчĕ—ял хуçалăхне, вăрман ĕрчетес ĕçе тата шыв хуçалăхне, 23 проценчĕ — транспорта, почта ĕçне тата телеграфпа телефон çыхăнăвне, 19 проценчĕ—вĕрентӳ, культура ĕçне, сывлăха сыхлас ĕçе тата хуласен строительствине каять.

Тырпул акса тăвакан çĕрĕн 50 процентне шăварма тытăнаççĕ.

Промышленноçăн пĕтĕм продукцийĕ, хаксемпе танлаштарса шутласан, иртнĕ çулхи цифрăран 517 процент иртсе каять. Çĕр кăмрăкĕ кăларасси 128 процент, тăхлан кăларасси 229 процент, электроэнерги туса кăларасси 152 процент ӳсет. Промышленность продукцийĕн 98 процентне государство промышленноçĕн предприятийĕсем туса кăлараççĕ. Чугун çулсен тăршшĕ, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 75 процент ӳсет.

Планра палăртса хунă тăрăх, кăçал хресчен хуçалăхĕсен 60 проценчĕ пĕр-пĕрне пулăшмалли бригадăсене кĕрет. Правительство ремесленниксене тата вак предпринимательсене те кооперативсене пĕрлешме пулăшать. Кăçал государствăпа уйрăм çынсем пĕрле тытса тăракан промышленность тата коммерци предприятийĕсем чылай тăваççĕ. Çакă вăл ку тĕлĕшпе тăвакан пĕрремĕш утăм пулать.

### ДЕМОКРАТИЛЛĔ ВЬЕТНАМ РЕСПУБЛИКИНЧИ ХРЕСЧЕНСЕНЕ ГОСУДАРСТВО ПУЛĂШАТЬ

ХАНОЙ, январĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Вьетнам Республикинчи хресченсене ялхуçалăх производствине вăйлатас ĕçре Демократиллĕ Вьетнам Республикин национальнăй банкĕ нумай пулăшать.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, 1955 çулхи январь уйăхĕнчен пуçласа декабрь уйăхне çитиччен çак банкăн провинцисенчи уйрăмĕсем хресченсене пурĕ 14 миллиард та 517 миллион донг кивçен укçа панă. Çак укçапа хресченсем 70 пин пуçа яхăн ĕç вăкăрĕ, 88 пине яхăн плугсемпе сӳресем туянма, халиччен усă курмасăр выртнă 43 пин мау (1 мау—0,4 гектар) ытла рис уйĕсене сухаласа семсетме пултарнă.

Банк хресченĕсене кивçен панă укçа вырăнти рыноксенчи хаксене йĕркелесе çирĕплетме, хресченсен пурнăçне лайăхлатма пулăшнă.

## *В. И. Ленин Сочиненийĕсен 33-мĕш томне чехла пичетлесе кăларнă*

ПРАГА, январĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Чехословакири политикăлла литература издательстви В. И. Ленин Сочиненийĕсен 33-мĕш томне чехла куçарса пичетлесе кăларнă.

### СОВЕТ СОЮЗĔ ÇУРÇĔР НОРВЕГИРИ ÇИЛ-ТĂВĂЛ ВĂХĂТĔНЧЕ ХĔН-ХУР ТӲСНĔ ХАЛĂХА ПУЛĂШАТЬ

ОСЛО, январĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Норвегири телеграф бюровĕ çапла пĕлтерет:

Паян Совет Союзĕн Норвегири посолĕ Г. П. Аркадьев Норвеги премьер-министрĕ Герхардсен патĕнче пулнă, Çурçĕр Норвегири çил-тăвăл вăхăтĕнче хĕн-хур тӳснĕ çынсене пулăшма Совет Союзĕнчи Хĕрлĕ Хĕрес Норвегири Хĕрлĕ Хĕрес валли 50 пин тенкĕ парасси çинчен пĕлтернĕ.

Носоляран премьер-министр Совет Союзĕнчи Хĕрлĕ Хĕресе тав тума ыйтнă.

## Нимĕç писателĕсен IV-мĕш съезчĕ хупăннă

БЕРЛИН, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Нимĕç писателĕсен IV-мĕш съезчĕ хăйĕн ĕçне туса пĕтерне. Съездра Демократиллĕ Германи Республики Министрĕсен Совечĕн председателĕн пĕрремĕш заместителĕ тата Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ В. Ульбрихт тухса каланă сăмаха съезд делегачĕсемпе хăнасем питĕ тимлĕ итленĕ. В. Ульбрихт Демократиллĕ Германи Республикинчи литература ыйтăвĕсемпе нимĕç писателĕсен задачисем çинчен каланă.

В. Ульбрихт Демократиллĕ Германи Республикинчи ĕççыннисене, уйрăмах çамрăксене социализм тăвас шухăш майлă вĕрентсе воспитани парас ĕçре литература пысăк вырăн йышăнса тăнине палăртнă.

Вăл писательсем халăхпа тачă çыхăнса тăни кирлине кăтартса панă.

Съезд делегачĕсем писательсен задачисене палăртса паракан резолюци йышăннă.

Делегатсем Нимĕç писателĕсен союзĕн çĕнĕ уставне ырланă.

Союз правленийĕн составне А. Зегерса, И. Бехера, Б. Брехта, В. Бределе, А. Цвейга, А. Абуша, С. Хермлина, Кубăна тата ыттисене суйланă.

Юлашкинчен съездра Демократиллĕ Германи Республикин культура министрĕ И. Бехер сăмах тухса каланă.

Ĕнер Нимĕç писателĕсен союзĕн правленийĕн ларăвĕ пулнă. Ларура А. Зегерса писательсен союзĕн пĕрремĕш председателĕ пулма суйланă.

### ХĔВЕЛАНĂÇ ГЕРМАНИ ПРОМЫШЛЕННИКĔСЕМ АЗИПЕ ЦЕНТРАЛЬНĂЙ АМЕРИКĂРИ ÇĔРШЫВСЕНЕ КАЯÇÇĔ

БОНН, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). «Франкфуртер альгемейне» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, кăçалхи февралĕн 5-мĕшĕнчен пуçласа мартăн 21-мĕшне çитиччен Хĕвеланăç Германи промышленникĕсен ушкăнĕ Азири чылай çĕршывсене, çав шутра Японие, Индонезие, Таиланда, Индие, Бирмăна тата Пакистана кайса килет. Çак ушкăна «Нимĕç промышленникĕсен союзĕн» председателĕ Ф. Берг ертсе пырать. Кунсăр пуçне, Хĕвеланăç Германи промышленникĕсем Гонконгпа Сингапурта пулма шутлаççĕ.

Хĕвеланăç Германири паллă промышленниксен тепĕр ушкăнĕ февраль пуçламăшĕнче Центральнăй Америкăри çĕршывсене тухса каять.

### АНГЛИРЕ ТУНĂ ТРАУЛЕРА СОВЕТ СОЮЗНЕ ПАНĂ

ЛОНДОН, январĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Совет Союзĕн заказĕпе Англири «Брук Марин лимитед» фирмăн верфĕсенче 20 траулер тăваççĕ. Ĕнер Лоустофт хулинче çав траулерсенчен пĕрремĕшĕ çине ССР Союзĕн государство ялавне çакнă.

### АТОМЛĂ ХĔÇПĂШАЛА ЧАРСА ЛАРТАССИШĔН

МОНТЕВИДЕО, январĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Бразилири телеграф агентстви «Интерпресс» Рио-де-Жанейрăран пĕлтернĕ тăрăх, Пернамбуко штатĕнчи законсем кăларакан ассамблея сессийĕ атомлă хĕçпăшал туса кăларма тата ăна сăнаса пăхма пĕр тăхтаса тăмасăрах чарса лартма чĕнекен решение пĕр кăмăллă пулса ырланă. Çак решение Пĕрлешнĕ Нацисен Организацине ярса панă.

## Даллес „Лайф“ журнал корреспонденчĕпе калаçни çинчен Америкăри хаçатсем мĕн çыраççĕ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 13-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью-Йорк таймс» хаçатăн Вашингтонри корреспонденчĕ Уайт пĕлтернĕ тăрăх, Даллес «Лайф» журнал корреспонденчĕпе калаçнине пичетлес кăларнă май сенат ларăвĕнче Хэмфри сенатор (демократ, Миннесота штатĕнчен) Даллеса хытă критикленĕ.

Уайт çапла пĕлтерет: Хэмфри Даллеса вăл ăнăçсăр политикăна—«ответлесе массăллăн пырса çапас» текен, халиччен сирсе пăрахнă политикăна юриех çирĕплетсе панăшăн, çапла вара Пĕрлешӳллĕ Штатсемпе вĕсен союзникĕсем хушшинчи çыхăнусенче «шутсăр нумай йывăрлăхсем кăларса тăратнăшăн» айăпласа каланă. «Хэмфри,— тесе çырать корреспондент,— çапла каланă: «историе малашне те çапла пăсса кăтартсан, сенатăн ют çĕршыв ĕçĕсен комиссийĕнче Даллес вăрттăн каласа панисене пичетлесе кăларма требовани лартăп, тенĕ». Хэмфри государство секретарьне çакăншăн айăпласа каланă: хальхи вăхăтра государство секретарĕ, парти интересĕсене кăна асра тытса, правительство тĕнчери ĕçсенче çитĕнӳсем тунă пек кăтартать, çакă вăл пирĕн çĕршывра политикăлла хирĕçӳсем кăларать, уншăн пире «союзниксем курайми пулаççĕ», тенĕ.

Даллесăн «Лайф» журналта илсе кăтартнă сăмахĕсенче çапла каланă: «вăрçа хутшăнмасăрах вăрçă пуçланас умĕнхи пек вăхăт патне пырса çитме пĕлни пысăк ăсталăх пулса тăрать» тенĕ. Çакăн пирки Хэмфри акă мĕн каланă: «Америка дипломатийĕн тĕллевĕ çавăн пек тесе Америкăн эпир пурăнакан вăхăтри ответлă урăх представителĕсем пĕри те каламан. Ĕнер Даллес господин çак заявленишĕн ответлă пулса тăнине çирĕплетсе пама е хирĕçлесе калама килĕшмерĕ. Паян эпĕ ăна ку заявлени вырăнсăр пулчĕ тесе калама чĕнетĕп. Çак заявлени чăнах та унта мĕн каланине пĕлтерет пулсан, Америка халăхĕ унпа килĕшмест».

Хэмфри «массăллăн ответлесе çапасси», «çĕнĕрен пăхса тухасси» çинчен калакан, «пуриншĕн те паллă» сăмахсене аса илтернĕ, «правительствăн пире пурсăмăра та иментернĕ çавнашкал ытти сăмахĕсем те пулчĕç», тенĕ.

### США-ра ПРАВИТЕЛЬСТВĂН РАЗВЕДКА ТĔЛĔШПЕ ĔÇЛЕКЕН СОВЕТНЕ ТУСА ХУНĂ

ВАШИНГТОН, январĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Шурă çурт «правительство ют çĕршывсенче тăвакан разведкăлла ĕçе вăхăтран вăхăта пăхса тухма» «консультантсен советне» туса хуни çинчен США президенчĕ официальнăй йĕркепе пĕлтернине пичетлесе кăларнă. Пĕлтерӳре кăтартса панă тăрăх, президент çак решение «разведка тĕлĕшпе ĕçлекен тĕп управленин руководителĕпе канашланă хыççăн» йышăннă.

Совет составне çаксем кĕреççĕ: Массачузетсри технологи институчĕн президенчĕ Киллиан, Лонг-Айлендри университет президенчĕ Коноллп адмирал, «Юнайтед Стейтс стил корпорейшн» президенчĕ Бенджамин Фейрлесс, хими промышленноçĕнчи предпринимательсен ассоциацийĕн президенчĕ Джон Хэлл генерал, «Инленд стил» компанин директорĕсен совечĕн председателĕ Эдвард Райерсон тата ыттисем.

### МЭНСЕР ГЕНЕРАЛ МАЛАЛЛА ХĔÇПĂШАЛЛАНМА ЧĔНЕТ

ОСЛО, январĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Çурçĕр Атлантика блокĕн Европăн çурçĕр зонинчи хĕçпăшаллă вăйĕсен главнокомандующийĕ пулнă Мэнсер генерала халĕ Англин тип çĕр çинчи çарĕсен главнокомандующийĕ пулма уйăрса лартнă. Осло хулинчен тухса каяс умĕн вăл хаçатсен представителĕсемпе калаçнă.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Мэнсер Çурçĕр Атлантика блокĕн системинче малалла хĕçпăшалланма чĕннĕ. «Çурçĕр Атлантика союзĕн членĕнче тăракан çĕршывсем,—тенĕ вăл,—хăйсен хĕçпăшалланас ĕçри расхочĕсем чакассине кĕтме пултараймаççĕ». Çурçĕр Атлантика союзĕн членĕнче тăракан çĕршывсен хĕçпăшаллă вăйĕсен йышне чакармаççĕ, тенĕ вăл.

### ИОРДАНИРИ ЛАРУ-ТĂРУ

КАИР, январĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Египетри хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, хĕвеланăç сĕнчи державăсем Иордани правительствине Багдадра тунă пакт çумне пĕрлештерме хăтланнă пирки пуçланнă пысăк пăлханусем хыççăн çак çĕршыври пурнăç яланхи йĕркене кĕрсе пырать. Хаçатсем çакна палăртаççĕ: Сами эр-Рифаи правительстви пĕлтернĕ тăрăх, Иордани ют çĕршывсен пакчĕсене хутшăнма килĕшмест. Правительствăн çак заявленине Иордани халăхĕ чунтан ырлать. Иордани ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Хусейн эль-Халиди, «Аль-Ахрам» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, общественноçа çапла шантарса каланă: хальхи правительство ют çĕршывсен союзĕсене хутшăнмасăр, Багдадра тунă пакт çумне пĕрлешмесĕр тăрас политикăна çирĕп тытса пырĕ, тенĕ.

## Республикăри XXI-мĕш шахмат чемпионачĕ

Январĕн 14-мĕшĕнче, малтанхи турсенче выляса пĕтереймен партисене вылянă чухне, Игумнов шахматист Тяминпа Гуляева çĕнтерчĕ, Яковлевпа Сиротин партийĕ никăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ, Родионов Яковлевран выляса илчĕ. Гуляевпа Никитин тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварнă партире Гуляевăн пĕр ытлашши пешка пурччĕ. Анчах та Никитин ăна пурпĕрех çĕнтерчĕ.

Чемпионатри юлашки турта, Чугунов шахматист Соболевран питĕ хăвăрт выляса илчĕ. Яковлев—Петрова, Родионов—Гуляева, Романов—Сиротина, Москалев—Казакова, Игумнов—Муртазина çĕнтерчĕ.

Хăш шахматист республика чемпионĕн ятне çĕнсе илессине Никитинпа Тямин партийĕ татса памалла пулнă. Хăйĕнпе вылякан шахматистăн пысăк опыт пуррине асра тытса, Тямин чылай хушă начарах мар вылярĕ. Анчах та кайран тĕрĕс çӳременнипе пула, хăйĕн фигурине кирлĕ мар çĕре лартса, партие выляса ячĕ.

Çапла ĕнтĕ шахмат енĕпе республика чемпионĕн ятне, 13 очко выляса илме май пур çĕртен 11,5 очко пухса, Шупашкар хули чемпионĕ В. Никитин çĕнсе илчĕ. Вăл вунă шахматистран выляса илчĕ. Чемпион ытти шахматистсемпе вылянă тепĕр виçĕ парти никăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ. Иртнĕ çул республика чемпионĕ пулнă М. Чугуновпа (вăл та пĕр шахматиста та выляса яман). Шупашкар хулинчи 5-мĕш вăтам шкулта 10-мĕш класра вĕренекен В. Родионов, 11-шер очко пухса, иккĕмĕшпе виççĕмĕш вырăнсене йышăнчĕç. Çамрăк спортсменсенчен пĕрремĕш разрядри шахматист ятне илнĕ Родионов ӳсĕм туни уйрăмах савăнтарать. Родионов шахматист хăйĕн пултарулăхне ӳстерессишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать. Республика чемпионĕн ятне илмелли ăмăртура пĕрремĕш хут вылянă Игумнов, тăваттăмĕш вырăн йышăнса, пĕрремĕш разрядри шахматист ятне илмелли нормăна тултарчĕ. Сиротинпа Петров, 7-шер очко пухса, пиллĕкмĕшпе улттăмĕш вырăнсене йышăнчĕç. Яковлев çиччĕмĕш, Романов—саккăрмĕш, Муртазин—тăххăрмĕш, Соболев—вуннăмĕш, Гуляев—вунпĕрремĕш, Москалев—вуниккĕмĕш, Тямин—вунвиççĕмĕш, Казаков—вунтăваттăмĕш вырăн йышăнчĕç.

Республика чемпионне Никитина дипломпа хаклă парне, Чугуновпа Родионова—дипломсем пачĕç.

Январĕн 26-мĕшĕнче Шупашкарта шахмат енĕпе РСФСР-та мала тухмалли чĕрĕк финалти ăмăрту пуçланать. Çак ăмăртăва пирĕн республикăран В. Никитин хутшăнать.

В. СЕРГИЕВСКИЙ.

## Ĕçчен киномеханик

Канаш районĕнчи культура пайĕн киномеханикĕ О. Васильева пуçарулă ĕçлет. Кино пуçланиччен вăл картина çинчен кĕске калаçу ирттерет. Кама мĕнле фильм килĕшни, тата мĕнле картинăсем илсе килсе кăтартмалли çинчен ыйтса пĕлет.

О. Васильева юлташ, партин XX-мĕш съезчĕ ячĕпе социализмла ăмăртăва хутшăнса, хăйĕн обязательствине чыслăн пурнăçлать. Иртнĕ çул вăл, кино кăтартса, 24 пин тенкĕ вырăнне 46.700 тенкĕ укçа пухнă. Декабрь уйăхĕнчи плана икĕ хут ирттерсе тултарнă.

Пĕрремĕш кварталти плана вăл февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне тултарма тăрăшать.

И. КУЗЬМИН.

## *Пĕлтерисем*

Январĕн 17-мĕшĕнче, каçхине 20 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче (Урицкий урамĕ) кружоксемпе политшкулсен руководителĕсем валли СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕн материалĕсене вĕренес ĕçе йĕркелес ыйту тăрăх семинар пулса иртет.

Семинар руководителĕ В. А. Чинаев юлташ.

• • •

Январĕн 17-мĕшĕнче, каçхине 8 сехетре, КПСС Шупашкар хула комитечĕн библиотекинче (Урицкий урамĕ) «Колониалле тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи нацилле ирĕклĕхшĕн хальхи вăхăтра пыракан кĕрешӳ» тема тăрăх лекци пулать.

Лекторĕ — истори наукисен кандидачĕ Э. Л. Нитобург юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.



**ТЕАТР**

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ январĕн 17-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Любовь Ани Березко», январĕн 18-мĕшĕнче чăвашла çĕнĕ спектакль «Мещенсем» кăтартаççĕ. Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

**КИНО**

«РОДИНА». Январĕн 17-мĕшĕнче 10, 12, 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче «Максим Перепелица», 16, 18.15, 20, 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче Польшăра кăларнă çĕнĕ илемлĕ киноповесть «Часы надежды» кăтартаççĕ.


РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00604

Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Заказ № 16. Тираж 37 000 экз.